ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 1
ытларикун
№ 171 (9080)
36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Совет шкулĕн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемшĕн

Паян шкулсенче çĕнĕ вĕренÿ çулĕ пуçланать. Пирĕн республикăри учительсем, пĕтĕм çĕршыври учительсем пекех, партин XIX-мĕш съезчĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас тĕлĕшпе пысăк та ответлă ĕçе малалла туса пыма тытăнаççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăха вĕрентессишĕн куллен тимлĕн тăрăшаççĕ. Ку ĕçри çитĕнÿсем çултан-çул ÿссе пыраççĕ. Çав вăхăтрах партипе государство шкулсем умне, учительсемпе сутĕç органĕсем умне кăларса тăратакан ыйтусем те пысăкланса пыраççĕ. Çамрăк ăрăва вĕрентсе воспитани парас ĕçĕн пахалăхĕ çине уйрăмах тимлĕн пăхни кирлĕ.

Çапах та, калас пулать, хăшпĕр шкулсемпе сутĕç пайĕсем çав ÿссе пыракан требованисен çулĕшĕнче тăраймаççĕ-ха. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче пирĕн республикăри нумай шкулсем пурне те çичĕ çул вĕрентес тата ачасене воспитани парассине малалла лайăхлатас тĕлĕшпе кирлĕ пек ĕçлеймерĕç. Республикăра 245 ача шкул тулашне тăрса юлнă, вĕренÿ çулĕ вăхăтĕнче 898 ача пĕр сăлтавсăрах вĕренме пăрахнă.

Пурне те çичĕ çул вĕрентмелли закона уйрăмах Первомайски районĕнчи нумай шкулсемпе вырăнти Советсен исполкомĕсем çителĕксĕр пурнăçланине палăртмалла. Ку районта шкула кайма çул çитнĕ 112 ача вĕренĕве хутшăнмасăр юлнă. Пурне те çичĕ çул вĕрентес тĕлĕшпе Улатăр, Çĕмĕрле, Пăрачкав, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче те пысăк çитменлĕхсем пулнă.

Чылай ачасене çав класрах иккĕмĕш çул вĕренме е кĕркунне экзамен тытма хăварнă пулнă. Çакă вăл уйрăм шкулсемпе учительсен япăх ĕçлени çинчен, Чăваш АССР Çутĕç министерствипе унăн вырăнсенчи органĕсем шкулсенчи вĕрентÿпе воспитани ĕçĕн пахалăхне тивĕçлипе тĕрĕслесе тăманни çинчен калать. Хăшпĕр шкулсенче вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайманнисен хисепĕ вĕренекенсен виççĕ пайĕнчен пĕр пайĕ чухлĕ пулнă. Шăхасан, Çĕмĕрле, Красноармейски, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайманнисен хисепĕ уйрăмах пысăк пулнă. Шăхасăн районĕнче, сăмахран, вĕренекенсен 32,5 проценчĕ ĕлкĕрсе пырайман.

Шкулсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерес тата шкул директорĕсемпе заведующийĕсен тата учительсен ответлăхне ÿстерес тĕлĕшпе Чăваш АССР Çутĕç министерствин, районсемпе хуласенчи Советсен сутĕç пайĕсен кирлĕ мерăсем йышăнас пулать.

Çĕнĕ вĕренÿ çулĕнче совет шкулĕ умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. 1953—54-мĕш вĕренÿ çулĕнче шкулсен ĕçне тĕпрен лайăхлатни кирлĕ. Учительсем тата сутĕç органĕсем партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тĕп вырăна хурса, вĕсене çине тăрса пурнăçласа пыма тивĕç.

Пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ шкулсенчи вĕренĕве йĕркелемелли тĕп формăна кăтартса пачĕ. Çав форма вăл урок пулать. Практика çакна кăтартса пачĕ: урок пахалăхĕнчен, ăна идейăпа теори тата методика тĕлĕшĕнчен лайăх ирттернинчен ачасене вĕрентсе воспитани парас ĕçĕн ăнăçлăхĕ килет. Çĕнĕ вĕренÿ çулне тытăннă май, кашни учителĕн уроксене лайăх хатĕрленсе ирттерме задача лартмалла. Государство программипе палăртса хунă ыйтусене кашни шкул ачи çирĕп ăнланса илтĕр.

Çамрăк ăрăва вĕрентсе воспитани парас ĕçре учитель тĕп вырăн йышăнса тăрать. Шкул ачисене наука никĕсĕсене вĕрентес, вĕсене совет патриотизмĕ майлă воспитани парас ĕçĕн ăнăçлăхне учитель татса парать. Совет учителĕн ячĕ—пархатарлă та хисеплĕ ят, çав вăхăтрах унăн государство умĕнчи [illegible]лăхĕ те пысăк. Творчествăлла ĕçлекен, хăйĕн педагогика тĕлĕшĕнчи пĕлĕвĕсене ÿстерсе, идейăлла-политикăлла пĕлĕвĕсене хăпартса пыракан учитель кăна ачасене тĕрĕс вĕрентсе воспитани пама пултарать. Пĕр чарăнмасăр малалла кайса пырасси, пĕлÿсене тата ытларах ÿстересси кашни учительшĕн закон пулса тăмалла.

М. И. Калинин учительсене хăйсен предмечĕсене лайăх пĕлме, педагогика ĕçне юратма хушнă. Учитель культурăллă та нумай пĕлекен çын пулма тивĕç. Хăйĕн пĕлĕвĕсене ÿстерессн—кашни учителĕн профессиллĕ тивĕçĕ.

Çакăнпа пĕрлех çакна та палăртас пулать: вĕренекенсене коммунизмла воспитани парас ĕçĕн ăнăçлăхне учитель хăй туса ирттерекен ĕçсемпе кăна татса пама çук. Шкулсенче вĕрентÿпе воспитанилле пĕтĕм ĕçе лайăх йĕркелемелле, шкул пурнăçĕн йĕркисене çирĕп тытса пымалла, комсомол тата пионер организацийĕсен пĕлтерĕшне ÿстермелле, класпа шкул тулашĕнчи ĕçсене кирлĕ пек туса пымалла.

Çĕнĕ вĕренÿ çулĕнче ачасене практикăлла хăнăхусемпе пĕлÿсем пама задача лартнă. Вĕсем ачасене ÿлĕмрен пĕр-пĕр специальноçа хăвăртрах вĕренсе алла илме май памалла, вара вĕсен малашне, ĕмĕр тăршшĕпех пĕр-пĕр профессипе çыхăнса лармалла пулмасть. Çакă вăл социализмран коммунизма куçма малтанлăха кирлĕ условисенчен пĕри пулать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ политехникăлла вĕренÿ енĕпе кăтартса панисене çирĕппĕн пурнăçласа пымалла. Лабораторисенчи ĕçсене вăйлатни, производствăпа паллашма тăтăшах экскурсисем ирттерни, техниксемпе çамрăк натуралистсен кружокĕсене нумайрах организацилени, ачасене пĕлÿсемпе практикăра, пурнăçра усă курма хăнăхтарни кирлĕ.

Шкул руководителĕсен малтанхи кунсенчен тытăнсах вĕренÿ ĕçне лайăх йĕркелеме тăрăшмалла. Пĕр класрах икĕ çул вĕренни малашне пулмалла мар. Çакна палăртмалла: вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш чĕрĕкне хăшпĕр шкулсемпе учительсем тивĕçлипе хакламаççĕ, çак хаклă вăхăтра ачасене çирĕп пĕлÿсем пама тăрăшмаççĕ. Çак çитменлĕх çĕнĕ вĕренÿ çулĕнче пулмалла мар.

Шкул руководителĕсен, Чăваш АССР Çутĕç министерствин, районти çутĕç пайĕсен вĕренÿ çулĕн малтанхи кунĕсенчен пуçласах учительсен ĕçне тĕплĕн тĕрĕслемелле, вĕсене пур енĕпе те пулăшу парса тăмалла. Вĕсен лайăх ĕçлекен учительсен опытне сарса пымалла, вĕрентÿпе воспитани ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăюллăн тупса палăртса çийĕнчех пĕтерсе пымалла.

Август уйăхĕнчи канашлусенче учительсем шкул руководителĕсен, сутĕç пайĕсен, Чăваш АССР Çутĕç министерствин çитменлĕхĕсене критиклерĕç. Шкул директорĕсемпе сутĕç органĕсен руководителĕсен учительсем критикленинчен тивĕçлĕ выводсем тумалла, самокритикăпа критикăна сарса пыма пур майсемпе те пулăшмалла, ĕçри çитĕнÿсемпе шавлăн мухтаннине хирĕç кĕрешмелле. Учительсем занятисене мĕнле хатĕрленнине, вĕренекенсем çĕнĕ ыйтусене уроксенче мĕнле ăнланса илнине, вĕсене киле мĕн чухлĕ задানисем панине малтанхи кунсенчен тытăнсах тĕрĕслесе тăрас пулать. Куллен тĕрĕслесе тăни учительсен государство умĕнчи ответлăхне ÿстерет.

Вĕрентÿпе воспитани ĕçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе шкулсенчи пуçламăш парторганизацисем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Вĕсем Коммунистсен партийĕ халăха вĕрентес тĕлĕшпе панă директивăсене чыслăн пурнăçламалла, учительсем хушшинче идеологилле, политикăлла-массăлла ĕçсене активлăн туса пымалла, критикăпа самокритикăна вăйлатмалла.

Партин XIX-мĕш съезчĕ халăха вĕрентес ĕç тĕлĕшпе лартнă пысăк задачăсем вырăнти советпа парти организацийĕсене шкулсен ĕçĕпе тĕплĕн интересленме, шкул нушисемпе ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн ытларах тăрăшма, вĕрентÿпе воспитани ĕçне тăтăш лайăхлатса пыма хушаççĕ.

Коммунизм тăвакан совет çĕршывĕ ĕçри хастарлăхпа политикăлла активлăх хăватлăн вăйланнă вăхăтра пурăнать. Партин XIX-мĕш съезчĕпе СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисем совет çыннисене çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантараççĕ. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе, пирĕн республикăри учительсем çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тăвĕç.

## ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕнче

### Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан Государство Университечĕн çĕнĕ çурчĕсене уçасси çинчен

Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан Государство Университечĕн çĕнĕ çурчĕсене тăвакансен рапортне, Правительство комиссийĕн заключенине, СССР Культура министерствин докладне пăхса тухса, СССР Министрĕсен Совечĕ çакна палăртнă: университетăн Ленински горари тĕп çурчĕсемпе сооруженийĕсене тăвас тата ĕçе кĕртес тĕлĕшпе Правительство панă задание пурнăçланă.

1949—1953 çулсем хушшинче Мускавра, Ленински гора çинче çаксене туса лартнă:

Мускаври университетăн 32 хутлă тĕп çуртне тунă, унта пĕтĕмпе 1.370 пин кубометр шутланать; çак çуртра геологипе географи факультечĕсем, механикăпа математика факультечĕн аудиторийĕсем, университетри кафедрăсем, научнăй библиотека, 1.500 вырăнлă актовăй зал тата университетăн ытти вĕренÿпе научнăй учрежденийĕсем вырнаçнă; физика факультечĕн çуртне туса лартнă, унта пĕтĕмпе—274,6 пин кубометр, хими факультечĕн çуртне тунă, унта—267,7 пин кубометр, студентсемпе аспирантсем валли пурăнмалли пÿлĕмсем—пурĕ 5.754 пÿлĕм тата профессорсемпе преподавательсем валли 184 хваттер тунă; 42 гектар çĕр çинче ботанически сад тунă, унта кирлĕ сооруженисем туса лартнă; культурăпа йăла тата спорт сооруженийĕсем тунă.

Университет территорийĕнче пĕтĕмпе тĕп çуртсем 27 тата ытти çуртсем 10 туса лартнă, вĕсенче пĕтĕмпе 2.611 пин кубометр шутланать. Университетăн çĕнĕ çурчĕнче 148 аудитори, наукăпа вĕренÿ лабораторийĕсем пин ытла, çавăн пекех тата библиотека валли пÿлĕм пур, çав библиотекăра 1.200.000 том кĕнеке вырнаçтарма палăртнă.

Университетăн лабораторийĕсемпе кабинечĕсенче чи çĕнĕ вĕренÿпе наука приборĕсем—электронлă оборудовани, ятарласа тунă оптика приборĕсемпе рентген аппарачĕсем, условнăй рефлексене тата организмра веществосем улшăннине тĕпчемелли камерăсем тата ытти нумай тĕрлĕ оборудовани вырнаçтарса лартнă, вĕсем наукăн хальхи ыйтăвĕсене тивĕçтереççĕ, механика, физика, хими, биологи, геологи, астрономи т. ыт. енĕпе вĕренÿ ĕçĕпе научнăй ĕçсем туса ирттерме май пареççĕ.

Мускав университечĕн çурчĕсем таврашĕнчи вырăнсене илемлетнĕ, йывăçсем лартнă. Университета пымалли вырăнсенче асфальт сарнă çулсем тата çĕнĕ кĕперсем тунă.

Университетра вĕренÿ ĕçĕ тата наукăпа тĕпчев ĕçĕсем валли ятарласа çĕнĕ приборсем тăвас, металоконструкцисем, механизмсемпе оборудовани тăвас тата вĕсене вырнаçтарса лартас, çавăн пекех университет çурчĕсене тума кирлĕ строительство материалĕсем хатĕрлесе парас тĕлĕшпе министерствăсен завочĕсем, проект тăвакан тата наукăпа тĕпчев учрежденийĕсемпе монтаж организацийĕсем пысăк ĕçсем туса ирттернĕ.

СССР Министрĕсен Совечĕ çакна палăртнă: Мускаври Государство Университечĕн çĕнĕ çурчĕсене ĕçе кĕртнĕ хыççăн пирĕн çĕршывра наукăна малалла аталантарма, халăх хуçалăхĕ валли квалификациллĕ кадрсем хатĕрлеме лайăх майсем пулса тăраççĕ.

СССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

1. Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан Государство Университечĕн çĕнĕ çурчĕсене 1953 çулхи сентябрĕн 1-мĕшĕнче уçас.

2. СССР Культура министерствине тата Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан Государство университечĕн ректоратне университетăн çĕнĕ çурчĕсенче сентябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа физика, хими, механикăпа математика, геологи тата географи факультечĕсем ĕçлемелле—вĕрентÿпе наука ĕçĕсене туса пымалла тума хушас.

## Задание срокчен пурнăçланă

ХУСАН, августăн 29-мĕшĕ. Августăн 27-мĕшĕнче «Татнефть» пĕрлешĕвне вĕрекен промыслăсен коллективĕсем нефть кăлармалли 8 уйăх планне тултарнă. Нефть кăлармалли задание срокчен тултарассишĕн пынă ăмăртура «Бавлынефть» тресчĕн коллективĕ малти вырăна йышăннă.

Çак малта пыракан коллективри нефтяниксем нефть кăлармалли вырăнсене пăралас ĕçре чаплă çитĕнÿсем тунă. Хăвăрт ĕçлемелли меслете пур енчен те лайăх вĕренсе çитнипе треста кĕрекен бурильщиксем 9 уйăх планне срокчен тултарнă. Кунта уйрăмах çакна палăртни кирлĕ: уйрăм бригадăсен рекорчĕсем часах пĕтĕм бурильщиксен тивлечĕ пулса тăраççĕ.

Хальхи вăхăтра Тутар республикинчи нефтяниксем хушшинче çулталăк планне срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăрту çĕнĕ хăватпа сарăлса пырать.

## Йыхви хулинче В. И. Ленин памятникне уçнă

ЙЫХВИ (Эстони ССР-ĕ), августăн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Йыхви хулинче—Эстонири сланец промышленноçĕн центрĕнче — Коммунистсен партийĕпе социализмла государствăна туса хунă В. И. Ленин памятникне уçнă.

Памятник уçнă ятпа пулнă митинга шахтерсемпе горняксемпе строительсем пухăннă.

## Парашютистсен ăмăртăвĕ

САРАНСК, августăн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Паян кунта ССР Союзĕнче 1953 çулта мала тухассишĕн парашютистсен ăмăртăвĕ пуçланнă. Ăмăртăва çĕршыври чи лайăх спортсменсем, вăл шутра, тĕнчери рекордсменсем—В. Романюк, А. Мишустина тата ыттисем те хутшăнаççĕ.

Ăмăрту 7 куна пырать.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Шахтерсен кунĕ тĕлне çĕр кăмрăк промышленноçĕнчи тата çĕр кăмрăк шахтисем тăвакан строительствăри çĕр айĕнче ĕçлекен рабочисен, сăрт-ту мастерĕсен, ертсе пыракан работниксен, инженерсемпе техниксен пысăк пайне нумай çулсем хушши лайăх ĕçленĕшĕн орденсемпе медальсем парса наградăланă. 1.128 çынна Ленин орденĕпе, 2.071 çынна Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе, ыттисене СССР медалĕсемпе наградăланă.

## *Шахтерсен кунĕ ячĕпе Мускавра пулса иртнĕ савăнăçлă лару*

Августăн 29-мĕшĕнче Мускавра Шахтерсен кунĕ ячĕпе савăнăçлă лару пулса иртнĕ.

Союзсен Çурчĕн Колоннăллă залне Çĕр кăмрăк промышленность министерствин инженерĕсемпе техникĕсем тата служащисем, Мускав предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисем, столицăри ученăйсем, парти, совет тата профсоюз организацийĕсен представителĕсем пухăннă.

Ларура Çĕр кăмрăк промышленность министрĕ Засядько юлташ доклад тунă.

Савăнăçлă ларăва пухăннисене Шотланди горнякĕсен Совет Союзне хăнана килнĕ делегацийĕ саламланă. Делегаци ячĕпе сăмах тухса каласа, Великобританири горняксен нацилле профсоюзĕн Шотландири уйрăмĕн председателĕ Э. Моффат совет шахтерĕсене хĕрÿллĕ салам каланă, ĕçре çитĕнÿсем тума ырă суннă. Вăл Совет Союзĕнче курса çÿрени çинчен хăйĕн шухăшĕсене каласа панă.

Савăнăçлă ларăва пухăннисем валли концерт пулнă. (ТАСС).

## „Совет Правительствипе Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕ хушшинче пулса иртнĕ калаçусен итогĕсем" ятлă кĕнеке пичетлесе кăларнă

Государствăн политикăлла литература издательстви «Совет Правительствипе Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕ хушшинче пулса иртнĕ калаçусен итогĕсем» ятлă кĕнеке пичетлесе кăларнă.

Кĕнекене çак документсем кĕнĕ: Совет Правительствипе Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕ хушшинче ирттернĕ калаçусем çинчен Совет Союзĕпе Германи пĕлтерни; Германирен репатриацисем илме чарăнасси çинчен тата вăрçă хыççăн Демократиллĕ Германи Республики йышăннă финанспа экономикăлла обязательствăсене çăмăллатмалли ытти мерăсем çинчен йышăннă протокол; СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков 1953 çулхи августăн 22-мĕшĕнче Кремльте пулса иртнĕ апатланура каланă сăмах; Демократиллĕ Германи Республикин Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Отто Гротеволь 1953 çулхи августăн 22-мĕшĕнче Кремльте пулса иртнĕ апатланура каланă сăмах.

Кĕнеке тиражĕ 1 миллион экземпляр. (ТАСС).

Мускаври Государство университечĕн Ленински горари çĕнĕ çурчĕ.
Н. ГРАНОВСКИЙ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ

Çак кунсенче КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум хулари парторганизацире учет ĕçĕ мĕнле пулса пыни çинчен КПСС хула комитечĕн секретарĕ Н. Никитин юлташ тунă доклада сÿтсе яврĕ.

Коммунистсен партийĕ, палăртать докладчик, парти хуçалăхне йĕркелес ыйтăва пысăка хурса хаклать. Учет ĕçне лайăх туса пыни тăшмана элементсем партие кĕме пултарассинчен сыхланма пулăшать. Кашни парторганизацирех коммунистсен учетне йĕркеллĕ туса пымалла, парторганизацире пулса иртекен улшăнусене вăхăтра тата тĕрĕс палăртмалла.

Анчах та учет ĕçне йĕркелес тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пур. Нумай пуçламăш парторганизацисенче парти членĕсемпе кандидачĕсене учета илмелли тата парти членĕсемпе кандидачĕсен пĕр парторганизацирен тепĕр парторганизацие куçмалли çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн инструкцийĕсене пăсаççĕ.

Хула комитечĕ, унăн партипе профсоюз тата комсомол организацийĕсен пайĕ пуçламăш парторганизацисенче учет ĕçне мĕнле йĕркеленине çителĕксĕр тĕрĕслеççĕ. Хăшпĕр парторганизаци секретарĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн инструкцийĕ çинчен коммунистсене тĕплĕн ăнлантарса памаççĕ, парти документчĕсене усрас тĕлĕшпе коммунистсен ответлăхне ÿстерсе пымаççĕ. Чылай парторганизацисенче парти учечĕ мĕнле пыни çинчен, коммунистсем парти документчĕсене мĕнле усрани çинчен сÿтсе явмаççĕ.

Уйрăм коммунистсем парти документчĕсене инструкци хушнă пек тыткаламаççĕ. Çавна пула та ĕнтĕ кăçал хулари парторганизацирн 18 коммунист парти билечĕсене тата 3 çын кандидат карточкисене çухатнă.

Хăшпĕр пуçламăш парторганизацисенче çавăн пек те пулкалать: пĕр парторганизацирен тепĕр парторганизацие куçса кайнă коммунистсене учетран вăхăтра кăлармаççĕ. Урăх çĕртен килекен коммунистсене вăхăтра учета илме мерăсем йышăнмаççĕ.

Педагогика институтĕнчи, кирпĕч заводĕнчи, электроаппаратура заводĕнчи, пир-авăр комбинатĕнчи тата ытти хăшпĕр предприятисемпе учрежденисенчи пуçламăш парторганизаци секретарĕсем коммунистсен учетĕнчи улшăнусем çинчен хула комитетне вăхăтра пĕлтермеççĕ.

КПСС хула комитечĕ партие илнĕ юлташсен парти документчĕсене вăхăтра туса хатĕрлеменни те пысăк çитменлĕх пулса тăрать.

Чылай парторганизацисем çамрăк коммунистсене воспитани парас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Хулари парторганизацире учетра тăракан парти кандидачĕсенчен 68 проценчĕн кандидатра тăмалли стажĕ иртсе кайнă. Взыскани илнĕ коммунистсен шучĕ те чылай.

Çакна йышăнмалла, тет Никитин юлташ, хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисем взыскани илнĕ коммунистсемпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ, вĕсен активлăхне ÿстерессишĕн сахал тăрăшаççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Уставĕ парти членĕсемпе кандидачĕсене член укçине вăхăтра, кашни уйăхрах тÿлесе пыма хушать. Анчах та парторганизацисенчен чылайăшĕнче член укçисене вăхăтра пухмаççĕ.

Сосновкăри хăма çуракан заводри парторганизаци секретарĕ Крючков юлташ çакна палăртать: хула комитечĕн ответлă работникĕсем коммунистсен учетне йĕркелес тĕлĕшпе парторганизаци секретарĕсене чĕнсе каласмаççĕ, учета йĕркелес енĕпе нумай ĕçсене манса хăвараççĕ.

Педагогика институтĕнчи партбюро секретарĕ Гришин юлташ унти парторганизацире учет ĕçне мĕнле йĕркелени çинчен каласа пачĕ. Гришин юлташ кунпа пĕрлех КПСС хула комитечĕн секретарĕсене çĕнĕрен учета илекен тата парторганизацирен каякан коммунистсемпе кирлĕ пек ĕçлеменшĕн тата парторганизацисенче учета мĕнле йĕркелениппе сахал интересленнĕшĕн критиклерĕ.

КПСС хула комитечĕн ревизи комиссин председателĕ Барабанов юлташ пуçламăш парторганизацисенче парти хуçалăхне кирлĕ пек йĕркелеменнине палăртрĕ.

Приволжски вăрманпромхозри партбюро секретарĕ Иванов юлташ партин хула комитечĕн секретарĕсене пуçламăш парторганизацисене партилле-организацилле ĕçе тата воспитани ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр пулăшнăшăн критиклерĕ. КПСС хула комитечĕн секретарĕсем Никитин, Михайлов тата Швечков юлташсем чылай вăхăт хушши вăрманпромхоза пырса курăнман.

Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствинчи партбюро секретарĕ Архипов юлташ хула комитечĕ урăх çĕре куçса каякан коммунистсен заявленийĕсене вăхăтра пăхса тухманни çинчен каларĕ. Заявленисене вăхăтра пăхса тухманнипе пулă уйрăм коммунистсем учетран тухмасăрах урăх вырăна куçса кайни те пулкалать.

Сÿтсе явнă ыйту тăрăх пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

СССР Министрĕсен Совечĕнчен

СССР Министрĕсен Совечĕ СССР халăх артисчĕ, вырăссен чаплă дирижерĕ, профессор, Сталинла премин лауреачĕ Николай Семенович Голованов вилни çинчен хурланса пĕлтерет.

## Сакăр уйăх планне тултарнă

СТАЛИНОГОРСК, августăн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Мускав бассейнĕнчи горняксем Шахтерсен кунне ĕçри çĕнĕ çĕнтерÿпе паллă тунă. Паян «Москвоуголь» комбиначĕн предприятийĕсен коллективĕсем 8 уйăх планĕ шучĕпе юлашки тонна çĕр кăмрăкĕ кăларнă. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, çĕр кăмрăкĕ кăларасси 5 процент ытла ÿснĕ.

Çĕр кăмрăкĕ кăларма хатĕрленмелли 8 уйăх программине те срокчен тултарнă. Шахтерсен кунĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, комбинатри горняксем çĕр кăмрăкĕн хăйне ларакан хакне йÿнетнĕ, çавна пула çĕршер пин тенкĕ перекетленĕ.

# Промысла коопераци ĕçĕн культурине ÿстермелле

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ, СССР Шалти тата тулашри суту-илÿ министрĕ—А. И. МИКОЯН юлташ СССР промысла кооперацийĕн Центральнăй совечĕнче тухса каланинчен

Промысла кооперацийĕн совечĕ халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан пĕтĕм промышленность умне çĕнĕ требованисем тăратнă вăхăтра, промысла кооперацине тата хăвăртрах аталантарма, туса кăларакан таварсен пахалăхне татăклăнах лайăхлатма май пур тапхăрта пухăнчĕ.

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Маленков юлташ тухса каланинчен [illegible] Правительствăпа пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ халăха кирлĕ таварсем халичченхи туса кăларнине çителĕксĕр, тесе палăртнă. Партипе Правительство халăха кирлĕ таварсем туса кăлармалли заданине чылай ÿстермелле, çак пысăк ĕçе пурнăçлама промышленноçăн пур отраслĕсене те анлăн хутшăнтармалла, совет суту-илĕвне аталантармалла, халăх валли пурăнмалли çуртсем ытларах лартмалла, ĕçсыннисене медицина пулăшăвĕ парассине лайăхлатмалла, шкулсемпе ача учрежденийĕсен шутне ÿстермелле, тесе шутлаççĕ.

Пыйăр промышленноçа аталантарас ĕçри çитĕнÿсем халăха кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçре татăклă, пысăк çĕкленÿ тума, çапла вара тĕп задачăна—мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатса пырассине хăвăрт пурнăçлама пур майсене те туса парĕç. Вăраха ямасăр пурнăçламалли задача çакă пулать: ик-виçĕ çул хушшинче халăх валли апат-çимĕç тата промышленность таварĕсем нумай ытларах туса памалла.

Халăха массăллăн кирлĕ таварсем туса кăларакан пысăк организаци—промысла кооперацийĕ пулать. Хăшпĕрисем: промысла кооперацийĕ алăстисен промышленноçĕ, теççĕ, социализмла промышленность аталаннă условисенче промысла кооперацийĕ кирлĕ пулин пирки иккĕленме пăхаççĕ. Çавăн пек шухăшланисем тĕрĕс мар, йăнăш пулать. Çакна ăнланас пулать: промысла кооперацийĕ—государство промышленноçĕн помощникĕ, куллен кирлĕ таварсем туса кăларать, вăл государство промышленноçĕн вăхăтлăха пыракан помощникĕ мар, яланах пулакан помощникĕ. Промысла кооперацийĕ халăха кирлĕ таварсем туса кăларас тĕлĕшпе яланах ĕçлет, вăл государство промышленноçĕ туса кăларакан таварсем патне хушса продукци парать. Халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес—атă-пушмак, тумтир, килти инвентаре, хуçалăхри таварсене юсас ĕçре вара вăл тĕп вырăн йышăнать. Çавăнпа ĕнтĕ промысла кооперацийĕ социализмла промышленноçпа пĕрле хăвăрт аталанса пымалла.

Хальхи вăхăтра промысла кооперацийĕ пĕлтĕрхинчен тата вăрçăчченхинчен нумайрах таварсем туса кăларать. 1953 çулта вăл куллен кирлĕ таварсем 47 миллиард тенкĕлĕх туса кăлармалла. 1952 çулта 42 миллиард тенкĕлĕх, вăрçăчченхи 1940 çулта 28 миллиард тенкĕлĕх таварсем туса кăларнă. Çапла вара, 1953 çулта промысла кооперацийĕ, вăрçăчченхипе танлаштарсан, 70 процент, 1952 çулхипе танлаштарсан, 13 процент ытларах таварсем туса кăларать. Анчах таварсем тата нумайрах туса кăлармалли майсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ-ха. Промысла кооперацийĕ пасарта сутмалли таварсем туса кăларассине кăçалах чылай ÿстерме пултарать, ÿстермелле те, çитес ик-виçĕ çул хушшинче вара таварсем туса кăларассине икĕ хут ÿстермелле.

Хальхи вăхăтра Правительство ялхуçалăх продукцийĕ тăвас тĕлĕшпе колхозсемпе колхозниксен интересне ÿстерес енĕпе чылай ĕçсем тăвать. Çав ĕçсем пĕр енчен, ялхуçалăх продукчĕсем тата чĕртавар туса кăларассине тата çав япаласене хуласене илсе пырса сутассине ÿстерĕç, çапла вара халăха апат-çимĕç, çăмăл промышленноçа—чĕртавар тăратас ĕçе лайăхлатĕç. Тепĕр енчен, колхозсемпе колхозниксен тупăшĕсене чылай ÿстерме май парĕç. Колхозсемпе колхозниксем вара куллен кирлĕ таварсем, производствăпа хуçалăхра кирлĕ япаласем ытларах туянма тăрăшĕç, хăйсен йăла ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерме ыйтĕç. Çавна май промысла кооперацийĕн ялсенчи артелĕсем уйрăмах тимлĕ ĕçлеме тивĕçлĕ. Вĕсем колхозсемпе колхозниксене ялта кирлĕ таварсем ытларах туса парассишĕн ответлă пулаççĕ.

Промысла кооперацийĕн 126 пине яхăн предприятисемпе мастерскойсем пур. Çав предприятисемпе мастерскойсенче çав тери пысăк çар—1.865 пин çын ĕçлет. Халăха кирлĕ уйрăм таварсем туса кăларас тĕлĕшпе промысла кооперацийĕ пысăк вырăн йышăнать. Сăмахран, вăл çĕршывра туса кăларакан сĕтел-пукенсен 40 процентне яхăн, тумтир—35 процент, çиелтен тăхăнмалли трикотаж—40 процент, тимĕр кроватьсем—35 процент таран, çăм атă—35 процент ытла, урапасемпе повозкăсем—50 процент таран туса кăларать.

Алăпа тĕртекен коверсем, илемлĕ япаласем, культура таварĕсем, ача-пăча теттисем, вăрман химийĕ продукчĕсем туса кăларас тĕлĕшпе промысла кооперацийĕ çĕршывра тĕп вырăн йышăнать; коопераци промышленноçĕн пĕлтерĕшĕ çавăн пекех халăх килте тыткаланан япаласене, атă-пушмакпа тумтир юсас тĕлĕшпе те пысăк. Тĕрлĕ япаласем юсакан мастерскойсем промысла кооперацин 45 пин шутланаççĕ. Çав мастерскойсем кивĕ япаласене çулсерен 5 миллиард тенкĕлĕхе яхăн юсаççĕ. Çакă вăл питĕ пысăк цифра.

Пирĕн лайăх, питĕ паха продукци туса кăларакан артельсем сахал мар. Кăçалхи июль уйăхĕнче Мускав хулинче РСФСР-ти промысла кооперацийĕ туса кăларакан япаласен выставки пулса иртрĕ. Çав выставкăра паха япаласен тĕслĕхĕсене кăтартрĕç. Промысла кооперацийĕ лайăх ĕçленине кăтартакан тĕслĕхсем нумай. Производствăра малта пыракансем тата малта пыракан артельсем халăха кирлĕ паха, тивĕçлипе мухтамалли япаласем туса параççĕ.

Промысла кооперацийĕн нумай артельсенче производство новаторĕсем производство процесне пĕрмаях çĕнетсе лайăхлатаççĕ. Промысла кооперацийĕнче ĕçлесе пыракан пур работниксен те, пур артельсен те производство новаторĕсемпе танлашмалла. Анчах çакна асра тытас пулать: куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларнипе çеç лăпланса лармалла мар. Чăн та, халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси татăшах ÿссе пырĕ. Чи пысăк та ответлă задача—промысла кооперацийĕ туса кăларакан таварсен пахалăхне татăклăн, хăвăрт лайăхлатасси пулать. Çакна палăртас пулать: Центропромсоветпа промысла кооперацийĕн республикăсенчи совечĕсем продукци туса кăларассине хисеп енчен тимлĕ сăнаса тăраççĕ, анчах вĕсем продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн кирлĕ пек кĕрешмеççĕ. Лайăх ĕçленĕшĕн прогрессивла премисем хушса тÿлемелли Положенире паха продукци туса кăларнăшăн хушса тÿлесси çинчен кăтартусем те çук. Промысла кооперацийĕн хăйĕн ĕçне май килнĕ таран хăвăртрах çĕнетсе лайăхлатмалла, унсăрăн нумай артельсем япăх таварсене сутма май çуккипе юхăнма пултараççĕ.

Çакна асра тытмалла: предприятисем пысăк мар тата вĕсене сахал механизациленĕ пулин те, промысла кооперацийĕ государство промышленноçĕнчен лайăхрах условисенче пурăнать, мĕншĕн тесен унăн артелĕсем, пурте тенĕ пекех, чĕртавар çывăхĕнче вырнаçнă, çав чĕртавара турттарма укçа-тенкĕ нумай кирлĕ мар. Промысла кооперацийĕ потребительсем çывăхĕнче вырнаçнă, çавна май хатĕр продукцие турттарма укçа-тенкĕ сахал кирлĕ. Çакă вăл промысла кооперацийĕ социализмла промышленноçран лайăхрах условире ĕçленине кăтартакан иккĕмĕш тĕслĕх. Ку вăл продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетес ĕçре пысăк вырăн йышăнать.

Продукци пахалăхĕшĕн çителĕксĕр кĕрешнĕшĕн, магазинсемпе базăсене кайман, япăх таварсемпе тултарнăшăн Маленков юлташ суту-илÿ организацийĕсене тĕрĕс ÿпкелерĕ. Вăл куллен кирлĕ таварсен пахалăхĕ япăх тени государство промышленноçĕшĕн тĕрĕс, промысла кооперацийĕшĕн вара икĕ хут тĕрĕс пулать. Халĕ суту-илÿ организацийĕсем таварсен пахалăхĕ çине тимлĕнрех пăхĕç, халăх ыйтман, çавăнпа вара кайман япаласене йышăнмĕç. Çавăнпа артельсен ĕçне тĕпрен лайăхлатмалла, лайăх каякан таварсем туса кăлармалла.

Промысла кооперацийĕн чи пысăк задачисенчен пĕри таварсене илемлетессине татăклăн лайăхлатасси, таварсен ассортиментне сарасси пулать. Паха, илемлĕ, ют çĕршывсенчи чи лайăх япаласенчен кая мар таварсем туса кăларма хăюллăнрах тытăнмалла.

Анчах япăх сăрласа илемлетнĕ, япăх фасонпа модель тăрăх таварсем туса кăларнă, кирлĕ пек чĕркесе хуман тĕслĕхсем те нумай-ха. Россия Федерацийĕнчи промысла кооперацийĕ туса кăларакан куллен кирлĕ таварсен выставки çавна çирĕплетсе пачĕ. Выставкăра 16 пин япала пулчĕ. Паллах, выставкăна лайăххисене суйласа илсе янă. Апла пулин те, выставкăна пынă ĕçсыннисем тăватă пин ытла япала япăххине, вĕсем илемлĕ маррине, хитре сăрăсемпе сăрламаннине тата япăх фасонсемпе модельсем тăрăх туса кăларнине палăртрĕç. Ку вăл çакна та кăтартать: промысла кооперацийĕнче ĕçлекенсен нумайăшĕ хăш япала лайăххипе начаррине туйса илеймеççĕ пулас, мĕншĕн тесен вĕсем халăх кăмăлламан таварсене паха тесе шутлаççĕ. Промысла кооперации работникĕсен таварсен пахалăхĕшĕн хăйсен ответлăхне ÿстермелле, çак ĕçе тĕрĕслесе тăрассине вăйлатмалла, пуринчен ытла производство культурине ÿстермелле, ăна хальхи вăхăт ыйтнă шая çитермелле.

Производство культурине ÿстерес тесен пуринчен малтан чылай артельсенче кивелнĕ технологи процесне пăрахăçа кăларса, çĕнĕ технологи туса хатĕрлемелле. Промысла кооперации работникĕсен оборудование лайăхрах пăхса усрамалла, ăна çĕнетсе лайăхлатмалла, оборудование вăхăтра юсанине сăнаса тăмалла. Производство культурине ÿстерме май работниксен квалификацине те хăпартмалла.

Промысла кооперацийĕн артелĕсем туса кăларакан таварсен пахалăхне лайăхлатасси артельсенчи художниксем, модельерсем пуринчен нумай килет. Илемлĕ япаласем туса кăларакан артельсенче художниксемпе модельерсем уйрăмах кирлĕ. Вĕсем япаласене илемлетме, хитре сăрлама пулăшаççĕ. Çак ĕçре малта пыракан артельсемпе танлашас пулать.

Юлашки вăхăтра çăмăл промышленноçра лайăх атă-пушмак моделĕсем, çĕнĕ йышши тумтирсемпе кĕпесен моделĕсемпе фасонĕсене туса хатĕрленĕ, пусма таварсен, галантерея таварĕсен, одеялсемпе чăрше карисен тĕррисемпе тĕсĕсене лайăхлатнă. [illegible] тумтирсен пахалăхне хăпартать, ĕç тухăçлăхне ÿстерет.

Сирĕн вĕренес пулать, государствăн социализмла промышленноçĕнчен вĕренмелле, унти пур çитĕнÿсемпе те хăвăрăн предприятисенче усă курмалла. Çапла туни пысăк паха продукци туса кăларма пулăшĕ.

Халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине ÿстерес тата продукци пахалăхне лайăхлатас тесе, промысла кооперацийĕн чылай пысăк задачăсене пурнăçламалла. [illegible] кăларассине ÿстермелле, продукци пахалăхне лайăхлатмалла, 1954 çулта тата нумайрах япала туса кăларма палăртмалла.

Нумай артельсем япăх, тăвăр çуртсенче ĕçлеççĕ. Мускав хулинчи тата ытти хуласенчи организацисем япăх çуртсенче [illegible] ĕçе механизацилеме ватам тата ытлашши пысăках мар çуртсем лартма сĕнÿсем параççĕ. Çавна пурнăçлани халăха кирлĕ таварсен пахалăхне лайăхлатма, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме пулăшнă пулĕччĕ. Мускав хулинчи промысла кооперацийĕн работникĕсем шутланă тăрăх, Мускавра фабрикăсем валли 27 ватам çурт тата ĕçсыннисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен 30 комбинат туса лартсан производствăна аталантарма тата специализацилеме лайăх майсем пулаççĕ. Мускав примерĕпе тата вырăнти условисене шута илсе, ытти хуласенче, облаçсенче тата республикăсенче те çавăн пек тума тăрăшас пулать.

Малалла тата промысла кооперацийĕн предприятийĕсене механизацилемелле. Государствăн машинăсем тăвакан промышленноçĕ çак ĕçре сире пулăшĕ, анчах производствăна механизацилеме хăвăрăн предприятисенче те оборудовани тăвассине аталантармалла. Ленинград хулинчи промсовет атă-пушмак юсамалли конвейер туса кăларма тытăннă. Унпа усă курни ĕç тухăçлăхне 2,5 хут ÿстерет, продукци пахалăхне хăпартать, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетет. Çак пуçарăва ырлас пулать.

Атă-пушмак, тумтир, инвентарь, сехет, патефон, радиоприемник тата телевизор юсас ĕçе лайăхлатни уйрăмах кирлĕ. Тумтирпе атă-пушмак юсас ĕçе кăтартуллă йĕркелемелле. Промысла кооперацийĕн халăхăн йăла ыйтăвĕсене лайăх тивĕçтермелле. Сăмахран, ĕçсыннисен çурчĕсене юсама, граждансен заказĕсем тăрăх лайăх çуртсем, дачăсем хăвăрт тата йÿнĕ хакпа туса пама ятарласа строительствăпа ремонт бригадисем организацилемелле. Çав бригадăсене транспорт хатĕрĕсем, механизмсем уйăрса памалла, ăста кадрсем тупмалла. Халăха велосипедсем, мотоциклсем тата автомобильсем сутасси сарăлса пынă май, юсамалли мастерскойсем ытларах уçмалла. Центрпромсоветăн ертсе пырас ĕçе татăклăн лайăхлатмалла. Артельсен ĕçне тĕрĕслесе тăнă вăхăтрах вĕсене техника тĕлĕшĕнчен, кадрсем вĕрентсе хатĕрлес енĕпе, малта пыракан ĕç мелĕсемпе анлăн усă курас енĕпе тăтăшах пулăшас пулать. Устава пăснине пĕтермелле, ăна çирĕп пурнăçласа пымалла. Промысла кооперации работникĕсен хастарлăхне хăпартмалла. Çакна манмалла мар: промысла кооперацийĕ — общеçтвăлла организаци, унăн ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк пуçарулăх кăтартмалла. Пур çĕрте те критикăпа самокритикăна анлă сармалла, унсăрăн ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме май çук.

Центрпромсовет, республикăсемпе облаçсенчи советсем тата артельсем умĕнче тăракан тĕп задачăсенчен пĕри продукцин хăйне ларакан хакне тăтăшах йÿнетессишĕн кĕрешесси пулать. Уйрăм артельсем убыток тунине пĕтермелле, пур артельсене те тупăшлă ĕçлеттермелле.

Промысла кооперацийĕнче капитальнăй строительство ĕçĕ япăх пырать, производство хăватне ÿстермелли, ĕçлекен предприятисене çĕнетсе пысăклатмалли ĕçе кирлĕ пек хакламаççĕ. Строительство ĕçне строительство материалĕсем çитменни те чăрмантарнă, анчах вăл ыйтăва халĕ татса панă, строительствăна ертсе пырас ĕçе лайăхлатни кирлĕ. Торгбанкăн промысла кооперацине кивçен укçа парас ĕçри çитменлĕхе пĕтермелле.

Правительство халăха кирлĕ таварсем туса кăларма паха чĕртавар уйăрса пама йышăнчĕ. Çавнă май промысла кооперацине паха, илемлĕ, питĕ лайăх таварсем туса кăларакан артельсем валли чĕртаварпа материалсем уйăрса параççĕ. Çавăн пекех атă-пушмак, тумтир, килти япаласене, ĕçсыннисен хваттерĕсене юсама та материалсем уйăрса параççĕ. Строительство валли промысла кооперацине çавăн пекех строительство материалĕсем те уйăрса параççĕ. Çакă вăл вырăнти чĕртаварпа усă курмалла мар тенине пĕлтермест. Пачах урăхла. Вырăнти чĕртаварсен запасĕсене тимлĕн шыраса тупмалла, промысла коопераци системинче чĕртавар туса кăларассине хăвăрт аталантармалла. Çак задача халичченхи пекех пысăк вырăнта тăрать. Союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсем тата вырăнти Советсен исполнительнăй комитечĕсем промысла кооперацине пур енчен те пулăшса тăма тивĕç.

Халăх валли кирлĕ япаласем туса кăларассине хăвăрт аталантарас ĕçе промысла кооперацийĕ хутшăнасси практикăлла ĕçе çĕнетсе лайăхлатнинчен, пĕтĕм ĕçе çĕнĕ, çÿлĕ шая çĕкленнинчен пуçланмалла. Промысла кооперацийĕнче ĕçлекенсем Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăхăн ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе пирĕн умма кăларса тăратнă требованисене чыслăн пурнăçласа пырасса шанса тăратпăр.

(1953 çулхи августăн 26-мĕшĕнче тухнă «Правда» хаçатран).

## РСФСР Конституцийĕн (Тĕп Законĕн) 130-мĕш статьине улшăнусем кĕртесси çинчен йышăннă

## ЗАКОН

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ партин уставне улăштарнă май тата СССР Конституцийĕн 126-мĕш статьи тăрăх, Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

РСФСР Конституцийĕн (Тĕп Законĕн) 130-мĕш статьине улшăнусем кĕртес, ку статьяна çакăн пек çырса хурас:

«130 статья. Ĕçсыннисен интересĕсемпе килĕштерсе тата халăх массисен [illegible] РСФСР гражданĕсене обществăлла организацисене: профессиллĕ союзсене, кооперативла пĕрлешĕвсене, çамрăксен организацийĕсене, спортпа оборона организацийĕсене, культура, техника тата ăслăлăх обществисене пĕрлешме права панă, рабочи класăн, ĕç хресченĕсен тата ĕç интеллигенцин речĕсенчи чи активлă та чи ăнлануллă гражданĕсем вара—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине хăйсен ирĕкĕпе пĕрлешеççĕ, вăл парти ĕçсыннисен коммунизм обществи тăвассишĕн пыракан кĕрешĕвĕнче вĕсен малти отрячĕ пулса тăрать, ĕçсыннисен мĕнпур организацийĕсене—обществăллисене те, государствăллисене те ертсе пыракан чăмăр пулса тăрать».

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### Б. Н. Черноусов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Борис Николаевич Черноусов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### А. М. Пузанов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма çирĕплетесси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Александр Михайлович Пузанов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма çирĕплетес.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ М. М. Бессонов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен йышăннă Указа çирĕплетесси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Михаил Михайлович Бессонов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ Т. М. Зуева юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен йышăннă Указа çирĕплетесси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Татьяна Михайловна Зуева юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ А. М. Прокофьев юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен йышăннă Указа çирĕплетесси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Алексей Макарович Прокофьев юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ Д. П. Профферансов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен йышăннă Указа çирĕплетесси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Дмитрий Петрович Профферансов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ В. А. Маслов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕ пулма уйăрса лартасси çинчен йышăннă Указа çирĕплетесси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Василий Алексеевич Маслов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕ пулма çирĕплетес.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ Д. И. Алехин юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕ пулма уйăрса лартасси çинчен йышăннă Указа çирĕплетесси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Дмитрий Иванович Алехин юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕ пулма çирĕплетес.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ В. И. Иванов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕ пулма уйăрса лартасси çинчен йышăннă Указа çирĕплетесси çинчен

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Василий Иванович Иванов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕ пулма çирĕплетес.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔ П. П. ЛОБАНОВ ЮЛТАША РСФСР МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔН ПРЕДСЕДАТЕЛĔН ПĔРРЕМĔШ ЗАМЕСТИТЕЛĔ ТАТА РСФСР ЯЛХУÇАЛĂХĔПЕ ХАТĔРЛЕВ МИНИСТРĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН ЙЫШĂННĂ УКАЗА ÇИРĔПЛЕТЕССИ ÇИНЧЕН

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Павел Павлович Лобанов юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ тата РСФСР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕ пулма çирĕплетес.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### РСФСР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔ РСФСР МИНИСТРĔСЕМ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН ЙЫШĂННĂ УКАЗСЕНЕ ÇИРĔПЛЕТЕССИ ÇИНЧЕН

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать: РСФСР Министрĕсем пулма уйăрса лартасси çинчен йышăннă çак Указсене çирĕплетес:

РСФСР Суту-илÿ министрĕ пулма — Иван Алексеевич Лукашев юлташа;

РСФСР Культура министрĕ пулма — Татьяна Михайловна Зуева юлташа;

РСФСР Строительство материалĕсен промышленность министрĕ пулма Анатолий Сергеевич Болдырев юлташа;

РСФСР Вăрманпа хут промышленность министрĕ пулма — Сергей Петрович Никифоров юлташа;

РСФСР Сывлăх министрĕ пулма — Владимир Степанович Степанов юлташа;

РСФСР Юстици министрĕ пулма — Анатолий Тимофеевич Рубичев юлташа;

РСФСР Çул-йĕрпе транспорт хуçалăхĕн министрĕ пулма—Борис Константинович Чубаров юлташа;

РСФСР Пурăнмалли çуртсемпе граждана строительство министрĕ пулма — Дмитрий Петрович Профферансов юлташа;

РСФСР Вырăнти тата топливо промышленность министрĕ пулма—Николай Ермолаевич Чесноков юлташа;

РСФСР Социальнăй обеспечени министрĕ пулма — Нонна Александровна Муравьева юлташа.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

### А. Г. СИЛАЧЕВ ЮЛТАША РСФСР ВЕРХОВНĂЙ СУЧĔН ЧЛЕНĔ ПУЛМА СУЙЛАССИ ÇИНЧЕН

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Алексей Гаврилович Силачев юлташа РСФСР Верховнăй Сучĕн членĕ пулма суйлас.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. ТАРАСОВ.
РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ И. ЗИМИН.
Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕ.

## Колхозник-рационализатор

ЕЛЧĔК. Свердлов ячĕпе тăракан колхоз çулсеренех вăйлă тырпул туса илет. Колхоз ĕçченĕсем ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра тата лайăх туса ирттерессишĕн ырми-канми ĕçлеççĕ. Ялхуçалăх ĕçĕнче тĕрлĕ машинăсемпе анлăн усă кураççĕ пулин те, алă вăйĕпе тумалли ĕçсем сахал мар-ха. Çавăнпа колхозри рационализаторсем умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ.

Çак тĕлĕшпе Свердлов ячĕпе тăракан колхоз членĕ А. Левый юлташ лайăх тĕслĕх кăтартать. Вăл пăрça çапмалли молотилка турĕ. Çĕнĕ молотилкăпа сехетре 16—17-шер центнер пăрça çапма пулать. Молотилкăна ĕçлеттерме ятарласа машинист кирлĕ мар, çÿлтен сенĕксемпе пăрça пăрахса çеç тămалла.

Молотилка пăрçана пĕр ватмасăр кăларать, улăмĕ те чÿпекленмест. Халĕ А. Левый юлташ çак молотилкăна тата лайăхлатать, пĕр сехетре 18—19 центнер çапмалла тăвать.

Пĕлтĕр А. Левый юлташ вăрлăхлăх хăварнă хăяр вăррине уйăрмалли машина турĕ. Çав машина хăяра ватса вăррине çуса кăларать. Виçĕ тонна хăяр вăрри кăларма халиччен 20—25 çыннăн пĕр кун ĕçлеме тивнĕ пулсан, çак ĕçе халĕ 12 çын пĕр сехет хушшинче тăвать.

Çак машинăна тунăшăн А. Левый юлташа районти ялхуçалăх выставкинче укçа парса премиленĕ.

Çавăн пекех вăл саман кирпĕч тăвас ĕçе çăмăллатмалли çĕнĕ меслет тупрĕ.

А. МИЛЛИН,
«Çĕнтерÿшĕн» стена хаçат редакторĕ.

# Государствăна тырă памалли плана кашни колхоз срокчен тултартăр!

## Муркаш районĕнчи колхозсем государствăна тырă памалли плана тултарчĕç

МУРКАШ, августăн 31-мĕшĕ. (Телеграфпа). Муркаш районĕнчи колхозсем государствăна тырă хатĕрлесе памалли плана августăн 30-мĕшĕ тĕлне 100,6 процент тултарчĕç. Государствăна тырă памалли плана районти «Красное Сормово», «Аврора», «Знамя коммунизма», «Герой», Сталин ячĕпе, Ленин ячĕпе тата Маленков ячĕпе тăракан колхозсем пуринчен малтан пурнăçларĕç. МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлемелли счетсем тăрăх государствăна тырă парас ĕç малалла пырать.

КПСС райкомĕн секретарĕ **Т. ЛОГИНОВ.**
Райисполком председателĕ **П. ПЕТРОВ.**
Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн начальникĕ **В. ИЛЬИН.**
МТС директорĕ **А. ЛАВРЕНТЬЕВ.**

## Выльăх апачĕ тума ыраш акаççĕ

ÇĔРПӲ, августăн 31-мĕшĕ. (Телефонпа). «Новая жизнь» колхоз иртнĕ кĕркунне симĕс апат тума ыраш акса хăварчĕ. Кăçал ĕнесене симĕс ыраш çулса тăрантарни сĕт тухăçлăхне чылай ӳстерме май пачĕ. Колхоз çитес çулла çулса çитерме 38 гектар çине ыраш акса хăварчĕ.

Выльăхсем валли ӳстерме çавăн пекех Мичурин ячĕпе тăракан колхозра 30 гектар, Калинин ячĕпе тăракан колхозра 21 гектар, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра 12 гектар çине ыраш акрĕç.

**Х. ЛИСИН.**

* * *

ПЕРВОМАЙСКИ. Пăлапуç Пашьелĕнчи «Комсомолец» колхоз выльăх апачĕ нумайрах хатĕрлеме тăрăшать. Кĕраки планне ăнăçлă тултарнипе пĕрлех, выльăхсем валли симĕс апат нумайрах хатĕрлес тесе 15 гектар ыраш акса хăварчĕç. И. Тихонов юлташ ертсе пыракан трактор бригадинчи механизаторсем ăна сеялкăпа акрĕç. Халĕ ыраш калчисем пит парка шăтса тухнă.

Симĕс апат тума çавăн пекех Молотов ячĕпе тăракан колхозра 14 гектар, Мичурин ячĕпе тăракан колхозра 10 гектар ыраш акнă.

**А. ТУКМАКОВ.**

## *Электричество вăйĕпе*

ТĂВАЙ. Сталин ячĕпе, Маленков ячĕпе тăракан тата «Новый путь» колхозсем иртнĕ çул Кубня юханшывĕ çинче гидроэлектростанци лартрĕç. Электричество вăйĕпе усă курса, кăçал çак колхозсем ялхуçалăх ĕçĕсене чылай хăвăртрах туса пыраççĕ. Хуçалăхри чылай ĕçсене механизациленĕ.

Халĕ ку колхозсенче 15 мотор ĕçлет. Сăмахран, Сталин ячĕпе тăракан колхозра икĕ моторпа авăн çапаççĕ, икĕ моторпа тырă сортланă çĕрте тата силос насоссине тӳрана çĕрте усă кураççĕ. Электричество вăйĕпе пĕр арман ĕçлет. Электричество вăйĕпе кунта радиоузел ĕçлет. Колхозниксен килĕсене электричество тата радио кĕртнĕ.

Пĕрле электростанци лартнă ытти колхозсенче те электричество вăйĕпе анлăн усă кураççĕ. Çак кунсенче колхозниксем РСФСР Верховнăй Совечĕн сессийĕн материалĕсене радиопа итлерĕç. Радиоузел лайăх ĕçлерĕ.

Колхозниксем радиоприемниксем туянаççĕ. Иртнĕ уйăхсенче 17 колхозник «Москвич» радиоприемник, 4 колхозник радиола туянчĕç.

**С. ДАНИЛОВ,**
ГЭС правленийĕн председателĕ
**А. НИКОЛАЕВ.**

* * *

## ХИСЕП ХĂМИ

Райисполкомсемпе КПСС райкомĕсем тăратнă тăрăх, тырпул пухса кĕртес ĕçĕпе ăнăçлă ĕçленĕшĕн тата государствăна тырă памалли обязательствăсене срокчен пурнăçланăшăн Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Обкомĕн бюровĕ çак колхозсемпе совхозсене республикăри Хисеп хăми çине кĕртме йышăннă:

**КУВАНИНО РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

17. Сталин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ А. С. Голованов юлташ, парторганизаци секретарĕ М. И. Воронин юлташ).

18. «Красный партизан» колхоз (председателĕ Ф. П. Таланов юлташ, парторганизаци секретарĕ П. Д. Сироткин юлташ).

19. «8-се марта» колхоз (председателĕ В. М. Лукьянов юлташ, парторганизаци секретарĕ В. Ф. Звезденков юлташ).

20. Киров ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ А. Н. Лоптин юлташ, парторганизаци секретарĕ П. И. Калинин юлташ).

**КРАСНОАРМЕЙСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

21. «Путь Ленина» колхоз (председателĕ А. С. Зорин юлташ, парторганизаци секретарĕ Г. И. Илларионов юлташ).

## Хастарлă ĕçленипе

Пирĕн районти ялхуçалăх ĕçченĕсем государствăна тырă памалли плана августăн 29-мĕшĕнче тултарчĕç.

Парти райкомĕ тата пуçламăш парторганизацисем колхозниксемпе механизаторсен социализмла ăмăртăвне йĕркелесе пырасси çине уйрăммăнах тимлĕн пăхрĕç. Тырпул пухса кĕртме тухас умĕн КПСС райкомĕ хĕрӳ ĕçсем вăхăтĕнче тумалли политикăлла-массăлла ĕçсен планне хатĕрлерĕ. Çав плана тунă чухне эпир сураки вăхăтĕнче лайăх ĕçленĕ парторганизацисен опытне шута илтĕмĕр. Плана колхозсенчи парторганизаци секретарĕсен семинарĕнче сӳтсе явнă.

Тырă вырма тытăнсан «Большевик», «Сталинская Гвардия» тата К. Маркс ячĕпе тăракан колхозсем паха пуçару турĕç. Хăйсен мĕнпур вăйĕсене шута илсе, вĕсем августăн 20-мĕшĕ тĕлне тĕштырăсене вырса пĕтерме, августăн 25-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă памалли плана тултарма пулчĕç, районти ытти колхозсене те тырпул хатĕрлев планне сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма чĕнчĕç. Вĕсен чĕнĕвне районти колхозниксемпе механизаторсем хапăл туса йышăнчĕç.

«Большевик» тата «Сталинская гвардия» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисенчи коммунистсем чи ответлă участоксенче ĕçлеççĕ. Хуçалăхра куллен ĕçленипе пĕрлех вĕсем политикăлла агитаци ĕçне те витĕмлĕ туса пыма тăрăшрĕç. Массăлла-политикăлла ĕçе умра тăракан задачăсемпе çыхăнтарни усăллă пулчĕ. Çак колхозсем хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçларĕç.

КПСС райкомĕпе район Совечĕн исполкомĕ юлса пыракан колхозсене конкретлă пулăшрĕç. Сăмахран, «Знамя коммунизма» колхоз ялан юлса пыракан артель пулнă. Райком колхозри пуçламăш парторганизацие çирĕплетрĕ. Ялти коммунистсене массăлла-политикăлла ĕçе лайăхлатма пулăшрăмăр. Бригадăсенче, итемсем çинче тата комбайн агрегачĕ патĕнче ĕçлекен колхозниксене Совет Союзĕн мирлĕ политики, партипе правительство ĕçсыннисен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерсе пыма куллен тăрăшни çинчен докладсемпе калаçусем чылай иртнĕ. Стена хаçачĕ, боевой листоксем кăларса тăнă. Малта пыракан бригадăна пама колхоз правленийĕпе парторганизаци куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав тунă. Коммунистсем ĕçре куллен паха тĕслĕх кăтартса пычĕç. И. Мускаринов шофер хатĕрлев пунктне куллен 6 тонна тырă леçсе тăчĕ. Вăл хастарлă ĕçленипе колхоз августăн 24-мĕшĕ тĕлне тырă парса татма пултарчĕ. Халĕ колхозра хĕрсех авăн çапаççĕ, вăрлăх фончĕ хываççĕ, ĕçкунĕсем тăрăх аванс шучĕпе тырă параççĕ.

Маленков ячĕпе тăракан, «Знамя», Молотов ячĕпе тăракан колхозсем те малтанхи çулсенче ялан юлса пынă пулсан, кăçалхи ялхуçалăх çулĕнче вĕсем малти рете тухрĕç, государствăна тырă памалли плана срокчен тултарчĕç.

Малтанхи вăхăтра «11 лет Чувашии» колхозра социализмла ăмăртăва начар йĕркеленĕ пулăрнăччĕ. Райком бюровĕнче сӳтсе явнă хыççăн, çак колхозри парторганизаци хăйĕн ĕçне лайăхлатрĕ, çапла вара ку колхоз та государствăна тырă памалли плана ăнăçлă тултарчĕ. Райком бюровĕнче сӳтсе явса кирлĕ пулăшу панă хыççăн «Заря коммунизма» колхозри пуçламăш парторганизацинчи коммунистсем те политикăлла агитаци ĕçне лайăхрах туса пычĕç.

Малта пыракан колхозсем пуçарнипе августăн 9-мĕшĕнче воскресник ирттертĕмĕр. Çак кун колхозсем хатĕрлев пунктне 323 тонна тырă леçсе пачĕç. Воскресник хыççăн нумай колхозсем пĕрин хыççăн тепри тырă хатĕрлемелли плана тултарма тытăнчĕç.

Тырпула пухса кĕртес ĕçре МТС комбайнерĕсенчен нумайăшĕ чăннипех те пысăк хастарлăх кăтартрĕç. И. Яруткин комсомолец «Коммунар» комбайнпа 320 гектар ытла тĕштырă пухса кĕртрĕ, ăмăртура пĕррĕмĕш вырăн йышăнчĕ. Г. Васильев. Г. Кондукторов тата А. Романов комбайнерсем ăнăçлă ĕçлерĕç. Анчах МТС-ри парторганизаци çак комбайнерсен опытне сарас тĕлĕшпе начар ĕçлет-ха. Çавна пула ĕнтĕ пирĕн МТС тырă вырмалли плана тултараймарĕ.

Районти колхозсем тырпула пухса кĕртес, государствăна тырă парас ĕçсене кĕске вăхăтра ирттерчĕç. Тырпула кăçал иртнĕ çулхинчен 15 кун маларах вырса пĕтернĕ, государствăна тырă памалли плана иртнĕ çулхинчен 17 кун маларах тултартăмăр. Кĕракине те кăçал иртнĕ çулхинчен кĕскерех срокра тата лайăхрах ирттернĕ. Хĕреслĕ тата ансăр ретлĕ майсемпе акмалли плана чылай ирттерсе тултарнă. Халĕ колхозниксемпе механизаторсем ялхуçалăх çулне ăнăçлăн вĕçлесе çитерессишĕн тăрăшаççĕ.

**В. ДМИТРИЕВ,**
КПСС Ишлей райкомĕн секретарĕ.

*

## Колхозсенчен пĕлтереççĕ

ШĂХАСАН. Суворов ячĕпе тăракан колхозра С. Васильев юлташ ертсе пыракан строительство бригади 150 фестметр йывăç касса хатĕрленĕ. Кунта халĕ пăрусем, тихасем тата сурăхсем валли çĕнĕ витесем тăваççĕ. Г. Белов, К. Захаров тата В. Кузюков платниксем уйрăмах тăрăшса ĕçлеççĕ.

Молотов ячĕпе тăракан колхозра 20 пин ытла саман кирпĕч çапса хатĕрленĕ. Платниксен бригади çак кунсенче 40 ĕне тата 40 пăру валли витесем туса пĕтерет.

Çак кунсенче районта «Победа», «Красный Октябрь» тата ытти нумай колхозсем государствăна пахча çимĕçсем пама тытăнчĕç. «Красный Октябрь» колхоз, государствăна парса татнă хыççăн, пахча çимĕçсене ĕçсыннисене сутма пуçларĕ. Колхоз Шăхасан пасарĕнче пахча çимĕç сутма ларек уçнă.

**Г. ЛУЧ.**

* * *

ОКТЯБРЬСКИ. Тырпула хăвăрт тата пĕр тăкаламасăр пухса кĕртессишĕн саралнă социализмла ăмăртура Калинин ячĕпе тăракан колхоз малта пырать. Колхоз кĕрхи тата çурхи тырăсене августăн 22-мĕшĕ тĕлне вырса пĕтерчĕ. Халĕ кунта хĕрсех авăн çапаççĕ, государствăна тырă параççĕ, кĕлтесене капана хываççĕ.

Уй-хир ĕçĕнче И. Павлов юлташ ертсе пыракан 3-мĕш бригада малта пырать.

Колхозниксем кĕракине те вăхăтра, лайăх ирттерчĕç.

**В. ТРОФИМОВ.**

* * *

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Ленин ячĕпе тăракан колхоз ĕне ферминчен çулсеренех пысăк тупăш илет.

Колхоз 1953 çулта государствăна сĕт памалли плана ытлашшипех тултарчĕ, çитес çулшăн 6 пин литр панă. Унсăр пуçне, сĕт парса автомашина прицепĕ туянчĕ. Ĕçкунĕсем тăрăх колхозниксене 8 пин литр сĕт валеçрĕç. Фермăри Н. Иванова, Р. Евдокимова доярккăсем кашни ĕнерен 800-шер литр сĕт сунă. Ĕне ферминче ĕçлекенсен ĕçне пысăк вырăна хунипе хавхаланса, вĕсем тата ытларах сĕт суса илме пулчĕç.

**Н. НИКОЛАЕВ.**

## Сад ӳсет

ЧУРАЧĂК. «Прогресс» ялхуçалăх артелĕн сачĕ юханшыв çывăхĕнчи айлăмра. Вăл халĕ çамрăк-ха. Чи малтан кунта 1945 çулта 100 тĕп улмуççи лартнă.

Халĕ колхоз садĕнче 12 тĕрлĕ сортлă улмуççисем 1.062, груша йывăççисем 109, хурлăхан, крыжовник, чие çырли тĕмисем йышлă, 0,35 гектар çинче хăмла çырли ĕрчетнĕ.

Сад ĕрчетес ĕçе мичуринла агробиологи наукин никĕсĕ çинче туса пыраççĕ, йывăççене пăхмалли агротехникăна тĕрĕс пурнăçлаççĕ. Кăçал çуркунне лартса хăварнă улмуççисем 70—75 сантиметр сӳлĕш çитĕннĕ.

Сад пахчинче ĕçлеме 11 колхозника çирĕплетнĕ. Вĕсем садри ĕçсене лайăх туса пыраççĕ. Кăçал йывăç айĕсене тăватă хутчен кăпкалатнă, сада çумкурăксенчен тасатсах тăнă, икĕ хутчен шăварнă. Симĕç йывăççисене хӳтĕлеме сад тавра пин метр тăршшĕ ретĕн-ретĕн акаци, вĕрене, çăка тата хыр йывăççисем лартса тухнă.

Кăçал кĕркунне сад пахчи çĕнĕрен икĕ гектар çине сарăлмалла. Халĕ çав çĕре уйăрса хунă, сухаланă, унта йывăççем лартма шăтăксем чавнă. Пурĕ 300 тĕп улмуççи, 1.500 тĕп хурлăхан çĕнĕрен лартаççĕ. Лартмалли йывăççене Çĕрпӳ питомникĕнчен илсе килеççĕ.

**Ю. ПЕТРОВ.**

## *Совет Правительствин Австрипе тумалли государство договорĕ çинчен Франци, США тата Англи Правительствисене панă нота*

Августăн 28-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Франции Мускаври Посольствине Австрипе тумалли государство договорĕ çинчен Совет Правительствин нотине ярса панă, унта çакна каланă:

«СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Франци Посольстви кăçалхи августăн 17-мĕшĕнче ярса панă нотăна илни çинчен пĕлтерет тата çакăн çинчен калама кирлĕ тесе шутлать: çак нотăра Австри договорĕ çинчен тăракан ыйту пирки çителĕклĕ ответ паман.

Августăн 17-мĕшĕнчи нота çакна кăтартать: Франци Правительстви ку хутра та вăл 1949 çулта Франци, СССР, Англи тата США хушшинче нумайăш статьясем енĕпе калаçса татăлнă Австри договорĕн проектне пăхса тухма тытăнма килĕшни çинчен пĕлтермерĕ. Çав проекта пăхса тухма тытăнни проектри йĕркелесе çитермен ытти ыйтусем тăрăх та килĕшӳ тума май панă пулĕччĕ. Тепĕр енчен, Франци Правительстви, «кĕскетнĕ договор» тенĕскерĕ çинчен тăратнă хăйĕн сĕнĕвне каялла илет-и тесе, ыйтнă пирки те ответ памарĕ. «Кĕскетнĕ договор» тенĕскер вăл Австри халăхĕн демократиллĕ прависем çинчен тăракан ыйтăва хисеплемест, 1945 çулта Потсдамра тунă Килĕшӳре Германии Австрири активĕсем тĕлĕшĕнчен пăхса хунă СССР прависене сĕмсĕррĕн пăсать.

Çав вăхăтрах 1952 çулта Франци, Англи тата США Правительствисем, Совет Союзĕ хутшăнмасăр тата СССР интересĕсене тӳрех пăсса, туса хатĕрленĕ «кĕскетнĕ договора» сӳтсе явассине Франци правительстви кун йĕркинчен кăларма килĕшменни Австри договорĕн проектне пăхса тухассине малалла туса пыма май памасть. Кунта тата Совет Правительстви çакна та шута илмесĕр тăма пултараймасть: Австри Правительстви 1952 çулхи июлĕн 31-мĕшĕнчех «государство договорĕн кивĕ проекчĕ тăрăх малалла калаçусем ирттерме çук» тесе пĕлтернĕ тата Австрин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ господин Грубер 1952 çулхи майăн 24-мĕшĕнче: «Австри калаçусене 1949 çулхи никĕс çинче мар, 1952 çулхи никĕс çинче кăна ирттерме хатĕр» тесе пĕлтернĕ. Совет Правительстви Австри Правительствинчен кăçалхи августăн 19-мĕшĕнче илнĕ нота та Австри Правительствин Австрипе тумалли, ытларахăш статьясем тăрăх килĕшсе татăлнă государство договорĕн проектне хирĕç иртнĕ çул официальнăй йĕркепе пĕлтернисенчен каялла чакманни çинчен калать.

Франци Правительстви августăн 17-мĕшĕнче панă нотăра «кĕскетнĕ договор» проектне пăрахăçлама малтанлăха хăш-пĕр условисем тăратсан кăна килĕшме пултарни çинчен калать. Çакă вăл çĕнĕ йывăрлăхсем кăларса тăратма тата Австри договорне сӳтсе явассине чарса тăма кăна пултарать. Çавăнпа Совет Правительстви килĕшме пултараймасть.

Франци Правительстви августăн 31-мĕшĕнче тăватă державăн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен Заместителĕсен канашлăвне пухма сĕннĕ май, Совет Правительстви ку ыйту пирки хăй кăçалхи майăн 25-мĕшĕнче панă нотăра каланă хăйĕн позицийĕ çинчен аса илтерме кирлĕ тесе шутлать. Паллă ĕнтĕ, Заместительсен канашлăвĕ вăл тăватă енĕн ялан ĕçлесе тăракан органĕ пулса тăмасть, çакнашкал канашлăва пухасси вăл Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен Совечĕн ĕçĕ пулса тăрать. Анчах вăл ку ыйтăва пăхса тухни пулман-ха.

Австри ыйтăвĕ Германи ыйтăвĕпе çыхăнса тăнине илес пулсан, Совет Правительстви хăй августăн 4-мĕшĕнче панă нотăра пĕлтернине тепĕр хут çирĕплетсе калама кирлĕ тесе шутлать. Унта акă мĕн каланă: «Германи ыйтăвне те татса парас ĕçре пулма пултаракан çитĕнӳсем Австри ыйтăвне те татса пама пулăшнă пулĕччĕç». Çакăнпа пĕрлех çакă та паллă: Франци Правительстви кăçалхи июлĕн 15-мĕшĕнче панă нотăра Германи ыйтăвĕ Австри договорĕпе паллă таран çыхăнса тăнине шута илнĕ, мĕншĕн тесен ку нотăра икĕ ыйтăва—Германи ыйтăвĕпе Австри договорне—сӳтсе явма тăватă державăн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвне пухасси çинчен сĕнӳ панă.

Совет Правительствин çакăн пек нотисене çавăн пекех Великобританипе США Правительствисене ярса панă».

## *Совет Правительствин Австрипе тумалли государство договорĕ çинчен Австри Правительствине панă нота*

Августăн 29-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Австрин Мускаври Посольствине Австрипе тумалли государство договорĕ çинчен Совет Правительствин нотине ярса панă. Вăл нотăра çапла каланă:

«Австрин Федеральнăй Правительствин августăн 19-мĕшĕнче çырнă нотине илнĕ май, ССР Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви çапла пĕлтерме кирлĕ тесе шутлать: Совет Правительстви асăннă нотăра СССР Правительстви июлĕн 29-мĕшĕнче панă нотăра лартнă ыйту çине панă ответа çителĕклĕ мар тесе шутлать.

Çакăнта каланă май, Совет Правительстви, хăйĕн ыйтăвне тепĕр хут çирĕплетсе, Австри Правительствин çак ыйту пирки татăклă ответ памалла тесе калать: «вăл «халиччен пек «кĕскетнĕ договор» проекчĕшĕн тăрать-и тата Австри Правительстви хăйĕн 1952 çулхи июлĕн 31-мĕшĕнчи меморандумĕнче каларĕ—малашне государство договорĕн халиччен, тĕпрен илсен, калаçса татăлса килĕштернĕ проектне никĕсе хурса калаçусем ирттерме май килмест тени—вăйра юлать-и?»

Австри Правительствине пĕлсе тăма Министерство çакăнпа пĕрле Совет Правительствин Австрипе тумалли договор проекчĕ çинчен тăракан ыйту пирки Франци, Англи тата США Правительствисене панă нотăна ярса парать».

## Колхозниксен Пĕтĕм Союзри шахмат турнирĕ

ИВАНОВО, августăн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта паян колхозниксен Пĕтĕм Союзри пиллĕкмĕш шахмат турнирĕ вĕçленнĕ. Ăмăртăва 13 союзлă республикăри командăсем хутшăннă. Икĕ эрнене пынă кĕрешӳре пĕррĕмĕш вырăна РСФСР команди йышăннă. Вăл 60 очкоран 45,5 очко илнĕ. Иккĕмĕш вырăнта—Латви ССР-ĕ команди, вăл 41 очко илнĕ.

Ăмăртăва хутшăннă уйрăм шахматистсенчен çаксем лайăх вылянă: Скуя (Латви) 12 очкоран 11 очко илнĕ, Карим[illegible] (Узбекистан)—10,5 очко, Жданов (Латви) тата Шивохин (РСФСР) 18 очко илнĕ.

Хĕрарăмсем хушшинче Каушилайте (Литва) малти вырăна тухнă, вăл 11 очкоран 8,5 очко илнĕ.

Ăмăрту ялти шахматистсен ăсталăхĕ ӳснине кăтартнă. Ăмăртăва хутшăннă кашни 4 çынран пĕри хăйĕн спорт разрядне ӳстернĕ.

*Çĕнĕ пилĕкçуллăхри стахановецсем*

## Çур ĕмĕр

Ĕç кунĕ вĕçленчĕ. Петр Михайлович Гусев депоран тухса станци еннелле пăхма пуçларĕ. Станцăра депори пек лăпкă мар. Пĕр вĕçĕмсĕр вагонсем пĕр-пĕрне перĕнсе чăнкăртатнă сасă янăраса тăрать. Кăкăр тулли сывланă пек хашлатакан пăравуссем çул тăрăх каллĕ-маллĕ чупкаласа çӳреççĕ. Татти-сыпписĕр янăраса тăракан çасса илтсен, хĕрĕх тăхăр çул пăравус машинисчĕ пулса ĕçленĕ Петр Михайловичăн чунĕ савăнать, ӳт-пĕвĕ те, темле, çăмăлланнăн туйăнать.

Унăн кăвак куçĕсем кĕмĕл çип пек йăлтăркка çул тăрăх тинкерсе пăхрĕç. Ку çул станцăран тухсан çурçĕрелле, Шупашкар еннелле пăрăнать. Семафор уçăлнине курсан, вăл Шупашкар енчен поезд килнине ăнланса илчĕ. Юлашки вăхăтра Петр Михайлович Шупашкарпа Канаш хушшинче пассажирсем поездне илсе çӳренĕ. Тен, çавăнпа пулĕ, вăл яланах Шупашкар çулĕ çине питех те ăшă кăмăлпа пăхать. Унтан поезд килнине курсан вара, ăна кĕтсе илмесĕр те вырăнтан хускалмасть.

Вицĕ çул каярах депо начальникĕ Гусева кĕтмен-туман çĕртен чĕнсе илсе, унăн пурнăçĕ çинчен ыйтса пĕлме пуçланă.

— Враплама шутлатăр апла?—асăрханса сăмахлакан начальник калаçăва ăсталла пăрма шутланине çийĕнчех ăнланса илнĕ Петр Михайлович.—Ватăлсан кирлĕ мара тухрăм-и-мĕн?—кӳреннĕ вăл.

Гусев хăйĕн ĕмĕрĕнче ватăлнă пирки ĕçрен кăларнă çынсен пурнăçне пайтах курнă. Ĕлĕк чугун çул хуçисем,—ытти çĕрте те çаплах пулнă,—çыннăн мĕнпур вăй-халне ĕмсе илсе вăхăтсăр ватăлтаратчĕç те, кайран ĕçрен кăларса яратчĕç. Ĕçрен кăларсан çул хĕрринче выçă выртса вилетĕн-и, ыйткаласа çӳресе тăранатăн-и?—сан çинчен шухăшлакан никам та пулман. Халĕ апла мар та, çавах, ĕçрен кăларасси çинчен сăмах хускатсан, унăн çан-çурăмĕ сăрăлтатса пĕçерме пуçланă.

— Çур ĕмĕр хушши машинистра ĕçленĕшĕн тавтапуç Сире, Петр Михайлович,—Гусев аллине хытă чăмăртанă начальник.—Нумай çамрăка вĕрентсе лайăх машинист турăн. Уншăн Сире пĕтĕм коллектив ыра ятпа асăнать... Хаçь канма вăхăт ĕнтĕ Сире,—Хусан чугун çул управленийĕ ватă машиниста пенси çине куçарасси çинчен кăларнă приказа панă начальник Гусева.

Аллă çул каярах вăл пăравус машинисчĕ пулас тесе ĕмĕтленнĕ. Машинист правине илсен те, хăйне пăравус парасса кĕтсе помощникре ĕçленĕ. Халĕ акă пыр та кур!—ĕçрен кăлараççĕ. Ытти машинистсем çӳренине чӳречерен пăхса лармалли кăна юлать.

— Халех ачасен ачисене юмах ярса парас килмест-ха манăн,—тенĕ вăл приказа вуласа тухсан.

— Килте ларма кичем пулсан, çăмăлтарах ĕç тупса парăпăр, эпир,—пăравус машинисчĕсене инструментсем парса тăракан склад заведующийĕ пулма сĕнчĕ начальник.

Халĕ Гусев склад заведующийĕ. Унăн ĕçлеме хăнăхнă алли пĕр минут та пушă тăмасть. Инструментсене вăхăтра юсаса хурать, тĕкĕр пек çиçекен пуличчен тасатса усрать. Машинистсене пĕр-пĕр япала панă чухне унпа мĕнле усă курмалли çинчен тĕплĕн калаçса ăнлантарать. Каялла илнĕ чухне те лайăх тĕрĕслесе йышăнать. Вăл ĕçлеме пуçланăранпа депо çуллен инструмент туянмалли укçана вуншар пин тенкĕ перекетлесе хăварать.

Шупашкар енчен килекен поезд станцие çитсе чарăнчĕ. Машинист пăравуса депона илсе кĕртрĕ.

— Мĕнле кайса килтĕн?—пăравус патне пырса тăчĕ Гусев.

— Аванах,—илтĕнчĕ Галимуллин машинист сасси.

— Çул мĕнле?

— Аптрамасть.

Калаçнă хушăра Петр Михайлович пăравус подшипникĕсемпе ытти пайсене хыпалама пуçларĕ.

— Кил-ха кунта!—Галимуллина чĕнсе илчĕ вăл.

— Мĕн пулнă вара?—пăравус çинчен сиксе анса, Гусев умне пырса тăчĕ машинист.

— Лайăх кайса килененĕн подшипник çапла пулать-и?—Галимуллин куçĕнчен хытăн пăхрĕ Петр Михайлович. Анчах ятласса пĕр сăмах та каламарĕ.

— Çул çинче хăш-пĕр чух кăна чарăнса тăмалла пулчĕ те, пăравусăн пур пайĕсене те тĕрĕслесе ĕлкĕреймерĕм çав.

— Эсĕ чарăнсан пур пайĕсене те пĕр харăс тĕрĕслеме ан тăрăш.

— Мĕнле тĕрĕслемелле вара?—Гусев шухăшне ăнланаймарĕ Галимуллин.

— Пĕринче пĕр пайне тĕрĕсле, çу сĕр, гайкăсене хытар. Тепре чарăнсан—тепĕр пайне тĕрĕсле. Пурне те пĕр харăс тума тытăнсан пурпĕрех ĕлкĕрейместĕн тата ĕçĕ те ăнăçлă пулмасть.

— Эпĕ ун пек тумалли çинчен аса та илмен. Вĕрентнĕшĕн тавтапуç.

— Составу та пĕчĕккĕрех пулас санăн.

— Вицĕрен каярах çав.

— Пушăлла хăваласа кăмрăка сая яма юрамасть. Малашне ĕçе тухиччен хăвна валли йывăр состав хатĕрлеме заказ парса хур. Вара мĕнле состав лекнĕ, çавна турттармастăн.

— Йывăр состав турттарма опыт сахалтарах çав манăн. Тин ĕçлеме пуçланă вĕт.

— Ĕçлемесен нихçан та опыт пулмасть вăл. Паян пĕр вагон, ыран икĕ вагон нормăран ирттерсе турттар. Вара хăвах вĕренсе пыратăн.

1905-мĕш çултанпа Гусев Сызрань чугун çул узелĕнчи рабочисемпе пĕрле темиçе хутчен те забастовкăсене хутшăннă, Октябрьти революци хыççăн, Хĕрлĕ гварди ретне тăрса, çамрăк Совет республикине сыхласа хăварас тĕлĕшпе мĕнпур вăйне хурса кĕрешнĕ.

Вăрçăччен пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче Петр Михайлович социализм стройкисем валли груз турттарса парас тĕлĕшпе çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнӳсем тăвать. Хусан чугун çулĕ çинче вăл пуринчен малтан йывăр тиенĕ составсем илсе çӳреме пуçланă. Унăн пуçарăвĕ часах ытти машинистсем хушшинче сарăлнă. Хусан чугун çулĕ çинче мĕнпур машинистсем йывăр тиенĕ составсем илсе çӳрессишĕн кĕрешме тытăннă. Çак паха пуçарушăн ĕнтĕ ăна хаклă премисем тата пĕррĕмĕш класри машинист ятне панă.

Халĕ вăл машинистра ĕçлемест пулсан та, йывăр составсем турттаракансен ĕçĕпе тимлĕн интересленет. Час-часах вĕсене усăллă канашсем парса тата тухăçлăрах ĕçлемелли майсене кăтартать. Çур çул каярах Çĕмĕрле пе Юдино станцийĕсем Канаша йывăр тиенĕ составсем сахал янă. Çавна пула, составсене çĕнĕрен салатса пуçтарса Канаш деповĕнчи машинистсем валли йывăр тиенĕ поездсем хатĕрлемелле пулнă. Ку, паллах, станци ĕçне йывăрлатнă. Петр Михайлович кӳршĕри вицĕ станцие пĕр-пĕрин патне йывăр составсем кăна ăсатма сĕнӳ панă. Çакăн хыççăн Канаш станцинче йывăр составсем илсе çӳрекен машинистсем уйăхсерен нумайланса пыраççĕ.

...Галимуллинпа унăн юлташĕсем пăравуса тасатма пуçларĕç. Петр Михайлович, юн тымарĕ пек карталанса пĕтнĕ çулсем урлă каçса, хăвăртрах еннелле утрĕ. Çула май вăл резерва лартакан пăравуса çу сĕрекенсем патĕнче чарăнчĕ, унтан пăравус вучахне пăхма пуçларĕ.

— Сирпĕтмелли хатĕр кӳрентермест-и сире?—ыйтрĕ вăл пĕр самант пăхнă хыççăн.

— Ытарма çук лайăх,—пĕр харăс ответлерĕç рабочисем.

— Аван тетĕр апла?—ĕненмен пек пулса тепĕр хут ыйтрĕ Петр Михайлович.

— Куншăн пирĕн Сире ыталаса чуптăвас килет. Ĕç мĕнле хăвăрт пулнине хăвăрах куртăр вĕт,—терĕç рабочисем.

— А депори начальниксем питех юратмаççĕ пулас.

— Мĕншĕн тата?—тĕлĕнчĕç рабочисем.

— Мĕншĕнне пĕлместĕп, ачамсем. Ун çинчен начальниксенчен ыйтса пĕлĕр.

Петр Михайлович Гусев юлташ аллă çула яхăн машинистра ĕçленĕ вăхăтра рационализацилле сĕнӳсем чылай панă. Патша саманинче унăн сĕнĕвĕсемпе никам та интересленмен. Çавăнпа вăл хăй ĕçлекен пăравуса аванлатнисĕр пуçне урăх нимĕн те тăвайман. Совет влаçĕ çулĕсенче вара унăн хăш-пĕр сĕнĕвĕсемпе анлăн усă курнă.

Резерва лартакан пăравуса çу лайăх сĕрес пулать. Унсăрăн ăна хĕп-хĕрлĕ тутăх пусса илет. Кайран пĕр-пĕрне сĕртĕнекен пайсем час çийĕнекен пулаççĕ. Анчах пăравуса çу сĕресси час пулмасть. Уйрăммăнах вучаха çу сĕресси кансĕр япала. Кунсăр пуçне çĕтĕк-çурăкпа сĕрсен çу перекетсĕр пĕтнине те асра тытмалла. Петр Михайлович кăçалхи июнь уйăхĕнче пăравуса çу сĕрнĕ чухне сирпĕтекен хатĕрпе усă курма сĕннĕ. Унпа усă курни, ĕçе хăвăртлатнипе пĕрлех, çăва чылай перекетлеме пулăшать. Анчах депори руководительсем сирпĕтмелли хатĕрпе анлă усă курма пуçламан-ха.

— Пирĕнпе сахал канашлаççĕ вĕсем. Çавăнпа сирпĕтекен хатĕрĕн уссине пĕлмеççĕ пулĕ.

Петр Михайлович хăйĕн сĕнĕвĕ пирки депо руководителĕсемне тепĕр хут калаçма шутларĕ.

Локомотив бригадисем ватă та опытлă машиниста тивĕçлипе хисеплеççĕ. Петр Михайловича хастарлă ĕçленĕшĕн чи пысăк награда—Ленин орденĕ панă.

**П. ЩИПЦОВ.**

# Пурнăç хăвăрт çĕнелсе пырать

*(Румынирен килнĕ çыру)*

### МЕТАЛЛУРГИ ГИГАНЧĔ

Бетонран тунă тоннельре леднинкри пекех сивĕ. Тоннеле электричествăпа çутатнă.

— Эпир халĕ пĕве никĕсĕ патĕнче, пăрăнтен çӳлте миллионшар кубометр шыв выртать,—ăнлантарать çамрăк инженер.—Ку кӳлле тин çеç тунă-ха, шыв ăшăнса çитме те ĕлкĕреймен, вăл тĕпне çитиччен пурпĕрех ăшăнса çитес те çук пулĕ.

Тоннельрен тухатăн та хĕвел хытă хĕртнине асăрхатăн. Кӳлĕ çинче çил пысăк хумсене хăвалать, вĕсем пĕвен шупка-шурă гранитĕ çине шавлăн пыра-пыра çапăнаççĕ.

Румыни çĕрĕ çинче халĕ çавăн пек шыв пухăнса тăмалли вырăнсем питĕ нумай тăваççĕ. Пĕрисем вĕсенчен хĕвелпе ĕнсе хăрнă айлăмсене нӳрĕ парса тăрĕç, теприсем — хăватлă гидроэлектростанцисен турбинисене çавăрĕç, виççĕмĕшĕсем—çĕршывăн халиччехи тата халĕ тăвакан промышленность центрĕсене ĕçмелли шыв парса тăрĕç.

Сенкер тӳпере металран тунă каркас—хурçă конструкцисен кӳлепи курăнать. Инçе те мар, юнашар тенĕ пекех,—тулă уйĕ. Çак шăрăх хирте çывăх вăхăтрах металлурги предприятийĕн шавĕ кĕрлеме пуçласси çинчен кам шухăшлама пултарнă-ха! Кĕркунне çав уйран юлашки хут тырпул пухса кĕртеççĕ. Кунта металлурги комбиначĕн цехĕсене тума тытăнаççĕ. Комбинатăн хăвачĕ кивĕ Румынире пулнă чугунпа хурçă завочĕсен хăватĕнчен темиçе хут пысăкрах пулать. Çулталăкра темиçе çĕр пин тонна труба туса кăларакан стана ĕçе кĕртсен, трубасем тăвас тĕлĕшпе Румыни, халăх демократи çĕршывĕсем хушшинче Чехословаки хыççăн, иккĕмĕш вырăна тухать. Румынири металлурги гигантне совет специалисчĕсен проекчĕсем тăрăх тăваççĕ, ăна Совет Союзĕн чи çĕнĕ техникипе хĕçпăшаллантараççĕ.

Ĕç тин çеç пуçланнă-ха, апла пулин те кӳршĕри хула ĕмĕрхи ыйхăран вăранма ĕлкĕрнĕ. Хулана çĕнетсе лайăхлатаççĕ, çĕнĕ урамсем, театрсем, клубсем, шкулсем пулаççĕ. Хула юмахри пекех ĕмĕрсен тусанĕнчен тасалса çĕкленет, телейлĕ те мирлĕ ĕçшĕн илемленсе капăрланать.

### ÇАМРĂКЛĂХ ХУЛИНЧЕ

Трансильвани Альписен тăррисем юрпа хупланнă. Тусен чăнкă айккисем кăвакăн курăнакан вăрманпа витĕннĕ. Сылтăмра та, сулахайра та чул сăрт тăррисенчен шăтам ĕмĕрти çуртсен ишĕлчĕкĕсем курăнаççĕ. Аякран вĕсем çĕрсе кайнă асав шăлĕсем пек туйăнаççĕ. Ку вăл кивĕ тĕнче çĕнĕ тĕнче çине вăйсăррăн хăмсарнă пек туйăнать. Çавăн пек çуртсенчен пĕри Хунедоарта аван сыхланса юлнă. Тахçан авал вăл кунти вырăнта пуç пулса тăнă. Анчах вăхăтсем улшăнчĕç. Халĕ çурт çывăхĕнчех — çĕршыври чи пысăк металлурги комбиначĕн трубисем, цехсен корпусĕсем, домнисем. Сывлăшра çакса тунă çул тăрăх руда тиенĕ вагонеткăсем çӳреççĕ. Гудоксем çивĕччĕн илтĕнеççĕ, тимĕр тата пăс шавĕ кĕрлет.

Кивĕ Румынири буржуалла-помещикла правительствăн сутăнчăк чиновникĕсем Хунедоарти металлурги завочĕсене «хăнтарса янă. Çакă вăл ют çĕршыв монополисчĕсемшĕн усăллă пулнă, вĕсем Румыни халăхĕ чугун, хурçă тата прокат производствине организациleme пултараймасть тесе сӳпĕлтетнĕ.

Шултра предприятисене национализациленĕ хыççăн Румынири ĕçсыннисем Рабочи парти ертсе пынипе йывăр промышленноçа — республикăн пĕтĕм экономикине аталантарма кирлĕ никĕсе юсаса çĕнетме тытăннă. Ни малтан Хунедоарти заводсене йĕркелеме пуçланă. Хунедоар—çĕршывăн хăватлă металлурги центрĕсенчен пĕри.

1917 çултанпа ĕççĕр тăнă домнăна 1949 çулта ĕçе янă. Хунедоар предприятийĕсем 1950 çултах вăрçă умĕн чи нумай продукци туса кăларнă шайĕн тăватă хут иртсе кайнă. Унтанпа домнăсемпе мартен кăмакисене аслăлатасси тата çĕнĕрен тăвасси анлăрах сарăлса пынă. Пĕррехĕш пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле комбинат металл шăратса кăларассине темиçе хут ӳстерет.

Çĕнĕ Румынире Хунедоара тивĕçлипе çамрăклăх хули тесе калаççĕ. Ăна çамрăксем тăваççĕ, вăл çулсерен çĕнелсе çамрăкланать. Кунта халех ĕнтĕ пурăнмалли çуртсем нумай лартнă, çĕнĕ водопровод, çăкăр завочĕ, çуллахи театр, стадион, магазинсем, ресторансем, ача сачĕ тата яслисем тунă. Промышленноçпа çурт-йĕр строительствинче совет техникипе тата опычĕпе анлăн усă кураççĕ.

Çынсем уйрăмах хăвăрт ӳссе аталанаççĕ. Виçĕ çул каялла Хунедоарта Василе Костаке çинчен никам та пĕлмен. Çак таса кăвак куçлă çамрăк Хунедоара Молдовырен килнĕ. Ăна хурçă шăратакан Симириа Георге асăрханă. Вăл çамрăка тăрăшса вĕрентме пуçланă, унтан вара професси шкулне вĕренме кĕме сĕннĕ.

Халĕ Василе Костаке—çĕршыври паллă çын. Хурçă хăвăрт шăратмалли совет меслетне вĕренсе çитсе, вăл 9 сехет те 50 минутра нормăна пăхниччен икĕ хут ытла хурçă шăратса кăларнă. Сталевар çитĕнӳпе лăпланса ларман. Часах вăл 5 сехет те 30 минутра çĕршыва планпа пăхниччен çирĕм тонна ытла металл шăратса панă. Василе Костаке нумаях пулмасть мартен кăмакин кашни тăваткал метрĕ çинче хурçă ытларах шăратса кăларассишĕн республикăра ăмăрту пуçарнă.

Прут юханшывĕ çинче пулăç пулнă çамрăкăн Штефан Казанăн кун-çулĕ те питĕ интереслĕ. Вăл халĕ Хунедоарти чи лайăх доменщик. Пулăç кунта тырпул начар пулнă çул килнĕ. Çакă вăл çĕршывра çĕнĕ пурнăç пуçланиччен пулнă пулсан, Штефан, тен, хулара выçса вилме те пултарнă пулĕччĕ. Çĕнĕ халăх влаçĕ тата Рабочи парти пулăç пулнă çамрăка ĕçе вĕренме пулăшнă, ытти çамрăксемпе пĕрле ăна Румынири чи хăватлă çĕнĕ домнăна шанса панă. Çамрăк инженер Мирча Александру ăна совет доменщикĕсен çитĕнӳĕсемпе паллаштарнă, домна кăмакипе лайăх усă курса ĕçлеме пулăшнă.

— Пире хамăр чугуна пĕррехинче Решицăна ярса пама тĕл килчĕ,— аса илет Штефан.— Унта ăна лабораторинче тĕрĕсленĕ хыççăн, пире çапла çырса пĕлтерчĕç: эсир пире совет чугунне ярса панă вĕт, терĕç. Ку ĕнтĕ пирĕншĕн, паллах, питĕ пысăк савăнăç пулчĕ.

### ИККĔМĔШ ÇАМРĂКЛĂХ

Буржуалла Румынире «Румыни тимĕрĕпе хурçин королĕ» пулнă Аушнитăн предприятийĕсем техникăн юлашки çĕнĕ çитĕнĕвĕсем шутланнă. Хурçă шăратакан мастер Ступни Матей ку ыйту пирки урăхла шутланă, вăл Аушнита лайăх астăвать.

Халиччехи хĕн-хурлă пурнăçа пăхса тухса, Матей кивĕ Румынире хăй пĕр çул хушши ĕççĕр тертленсе пурăннине аса илет. Унăн çăра куç харшисем пĕрĕнсе илеççĕ, куçĕсем хуралса çиçеççĕ, вăл пуçне аялалла пĕкет.

— Выçлă-тутлă пурăннă, кӳлмĕçленме те тивнĕ, мĕн курмаллине пурне те курнă... Чирлисене ун чухне ĕçрен кăларса яратчĕç...

Çав тертлĕ те пӳтсĕр пурнăç урăх нихçан та таврăнас çук. Иртнĕ çулта Матей Хура тинĕс хĕрринчи чи лайăх курортра каннă, кăçал арăмĕпе тата хĕрĕпе пĕрле тинĕс хĕррине каять. Вăл çеç-и вара?

Иртнĕ çулла 2.350 рабочи хăйсен отпускне санаторисемпе канă çурчĕсенче ирттернĕ, кăçал та унта çавăн чухлех канаççĕ.

Нумай пулмасть-ха Матей Совет Союзне килсе курнă. Уйăх çурă хушшинче ватă мастер нумай курнă, нумай пĕлнĕ. Совет çĕршывне кайса килни çинчен вăл питĕ витĕмлĕ сăмахсемпе каласа кăтартать. Вăл çапла калать:

— Çул çинче шухăшласа пыратăп: эпир Румынире халĕ малти ретре пыраканисем вĕт, мĕнпе мана тĕлĕнтерĕç-ши, тетĕп. Макеевкăри тата Днепродзержинскри питĕ пысăк домнăсемпе мартенсене куртăм та ман чун-чĕрем хавхаланса кайрĕ. Аушнит завочĕсем тăвăр та пĕчĕк туйăнса кайрĕç, унти арпак-чарпак технологи аса килчĕ, çав технологин принципĕ ытла та хĕсĕк пулнă. Пăрташсене чугун, хурçă, прокат, пăравуссем, компрессорсем, моторсем туса кăларнă, пысăк ĕçсем çинчен сăмах та пулма пултарайман. Цехсем пĕр сменăпа ĕçленĕ. Халĕ ĕнтĕ эпир социализм тăватпăр. Пĕр Хунедоарăна тата çĕнĕ комбината мĕн-мĕн кирлĕ мар пулĕ! ССР Союзĕ, совет специалисчĕсем пулăшнипе майлашăнса пыратпăр. Цехсем графикпа, темиçе сменăпа ĕçлеççĕ. Эпĕ хăвăрт меслетпе хурçă шăратма тытăнтăм, уйăхра сакăрвунă хут шăратакан пултăм.

Хальхи вăхăтри хăватлă пурнăç—реконструкци Решицăри металлурги предприятийĕсенче те анлăн сарăлса пырать, кунти предприятисем хăйсен иккĕмĕш çамрăклăхне пурăнса ирттереççĕ. Кунта Румыни историйĕнче пирвайхи хут кокс батарейи туса лартнă, вут-çулăма парăнман кирпĕч туса кăларассине организациленĕ, ăна ĕлĕк Хĕвеланăçĕнчи монополистсем илсе килсе тăнă. Металл конструкцийĕсен завочĕ, тăваткал штангсем туса хатĕрлекен цех, пурăнмалли паха çуртсем нумай лартнă. Совет Союзĕнчи опытпа усă курса, домна кăмакисене çĕнетеççĕ, çĕнĕ мартенсем тăваççĕ.

Халĕ Решица кадрсен вучахĕ пулса тăрать. Вăл Румынине индустриализацилес ĕçре питĕ паллă вырăн йышăнать. Металлурги комбинатĕнче ӳссе çитĕннĕ çынсем халĕ министрсем, предприяти директорĕсем, çĕнĕ домнăсем, теплоцентральсем, заводсем тăвакансем пулса ĕçлеççĕ. Решицăра Хунедоарти коксохими заводне ĕçе яма кирлĕ çынсене вĕрентсе хатĕрлеççĕ.

— Йăлтах урăхланса çĕнелчĕ Решица, унăн çыннисем те хăвăрт малалла кайса пыраççĕ, — тет çамрăк инженер Тарца Троян.— Çакна эпĕ хам пурнăçран питĕ аван туйса тăратăп. Халиччен опыт çитменни хытă сисĕнтеретчĕ, ĕçре шанчăклăх çукчĕ, ку вăл манпа ĕçлекенсене те пăшăрхантаратчĕ. Ленинграда кайса килнĕ хыççăн йăлтах урăхла ĕçлеме пуçларăм. Ленинградри предприятисенче эпĕ йăнăшсенчен хăтăлса пыма вĕрентĕм. Пире питĕ паха тĕслĕхсем кăтартрĕç, вĕсене пĕр учебникре те, справочникре те тупас çук. Тĕплĕ пĕлӳсĕр пуçне Совет Союзĕнчен эпĕ ĕçре хăюллă та çирĕп пулма вĕренсе килтĕм.

...Кăç пулса килнĕ вăхăтра сăртсем таврашĕнче завод трубисем мăкăрланса лараççĕ. Пăравуссем кăшкăртнисем, пăспа ĕçлекен мăлатуксен сассисем инçене кайса лăпланаççĕ. Ку вăл—комбинатăн тĕлĕнмелле илемлĕ ĕç шавĕ. Унтан тăварах, Решицăран леререх, сăртсем çинче хыр вăрманĕ шавлать, хурăн çулçисем чăштăртатаççĕ, çил тăстан инçетрен хĕрсен хĕрӳллĕ куллине, вĕсен илемлĕ юррине илсе килет. Вăл юрăпа кулăра вăйлă юратупа пысăк ĕмĕтсем палăрса тăраççĕ. Вăл ĕмĕтсем пурнăçа кĕрсе пыраççĕ.

Хунедоар—Решица.

П. МЕЛЬНИКОВ.

## Вьетнам çарĕн кĕрешĕвĕ

ШАНХАЙ, августăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Вьетнам Республикин Пекинри посольстви кăларса тăракан бюллетеньре каланă тăрăх, Вьетнам Халăх çарĕн аслă командованийĕ нумаях пулмасть Сурçĕр Вьетнамра кăçалхи июньпе [illegible] уйăхĕсенче пулса иртнĕ çапăçусем çинчен пĕлтерни пичетлесе кăларнă.

Çак тапхăр хушшинче тăшман 3.000 ытла салтак тата офицер çухатнă. Вăл шутран 720 çынна тыткăна илнĕ. Халăх çарĕ тăшманăн çар материалĕсем нумай туртса илнĕ.

Центральнăй тата Кăнтăр Вьетнамра çапăçакан халăх çарĕсем, Сурçĕр Вьетнамри халăх çарĕн чаçĕсемпе тачă çыхăну тытса, хăйсен кĕрешĕвне вăйлатнă.

Тростниксен айлăмĕнче Вьетнам халăх çарĕн чаçĕсем тăшман çак вырăна икĕ хутчен «тасатма» хăтланнине пĕтере-пĕтере лартнă. Çак районта Бао Дай çарĕнчен 600 салтак тата «Хоа-Хао» ятлă тĕн сектине кĕрекен ротăри салтаксем халăх çарĕ енне куçнă.

Августăн 11-мĕшĕнче тата 15-мĕшĕнче Вьетнам халăх çарĕн чаçĕсем Сурçĕр Вьетнамра тăшманăн Тиен-Тиен, Ван-Три, Ту-Ки пункчĕсене çĕмĕрсе тăкнă. Халăх çарĕсем тăшманăн 400 салтакне пĕтернĕ, 80 çынна тыткăна илнĕ тата хĕçпăшалсемпе боеприпассем нумай туртса илнĕ.

### Вьетнам Халăх çарĕн çичĕ çул хушшинчи кĕрешĕвĕн итогĕсем

ПЕКИН, августăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Вьетнам Халăх çарĕн генеральнăй штабĕ пĕлтерни пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: 1946 çулхи декабрĕн 19-мĕшĕнчен пуçласа 1953 çулхи июлĕн 28-мĕшне çитиччен тăшманăн 281.341 салтакĕпе офицерне стройран кăларнă. Вăл шутран 217.730 çынна вĕлернĕ, вĕсем хушшинче 1.491 офицер, 63.611 çынна тыткăна илнĕ, вăл шутра 174 офицер.

Çак вăхăт хушшинче тăшманăнне 66.265 винтовка, 714 миномет, 136 тупă, 92 грузовик, 15.629 пулемет, 260 «базука» йышши пăшалсем тата ытти çар хатĕрĕсем нумай туртса илнĕ. 242 самолет персе ӳкернĕ, 263 пăрахута сиен кӳнĕ, 160 тупăна çĕмĕрнĕ, 220 пăравус, 788 вагон, танксем, бронеавтомобильсем, грузовиксем 5.712, 107 пăрахут стройран кăларнă тата 4.110 тонна боеприпассене пĕтернĕ.

### АМЕРИКА ИНДО-КИТАЯ ХĔÇПĂШАЛ ТĂРАТАТЬ

НЬЮ-ЙОРК, августăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Хайфонран Америка Индо-Китая хĕçпăшал тăратасси вăйланни çинчен пĕлтерет. Хайфонра кашни кун Америкăран турттарса пынă хĕçпăшалсене пушатаççĕ. Франци Инçет Хĕвелтухăçĕнчи тинĕс-çар вăйĕсен командующийĕ Обуано адмирал пĕлтернĕ тăрăх, Пĕрлешӳллĕ Штатсем Индо-Китая кашни уйăхра 20 пин тонна ытла çар материалĕсем илсе параççĕ.

### Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ çумĕнчи Пичет ведомстви пĕлтерни

БЕРЛИН, августăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ çумĕнчи Пичет ведомствин çакăн пек пĕлтерĕвне панă:

Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ Отто Гротеволь тата премьер-министр заместителĕ Вальтер Ульбрихт августăн 27-мĕшĕнче Германири Коммунистсен партийĕн председательне, бундестаг депутатне Макс Реймана йышăннă. Премьер-министр Отто Гротеволь Макс Реймана СССР Правительстви Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕпе Мускавра иртнĕ калаçусем çинчен тата унта тунă килĕшӳсем çинчен тĕплĕн пĕлтернĕ. Çакна май вĕсем пĕр-пĕрин шухăшĕсене каласа панă. Макс Рейман çапла каланă: СССР Правительстви августăн 15-мĕшĕнче Хĕвеланăçĕнчи виçĕ державăна панă нота тата Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕпе Совет Союзĕн Правительстви хушшинче пулса иртнĕ калаçусен результачĕсем Германи ыйтăвне мирлĕн татса пама анлă çул уçса пачĕç. Хĕвеланăç Германи халăхĕ, çитес вăхăтра татса памалли политикăлла ĕçсенче Аденауэр правительстви тытса пыракан политикăна, Бонри тата Парижри договорсен политикине, пĕтерес тĕлĕшпе хăйĕн ирĕкне кăтартма пултарсан тата Аденауэра сирпĕтсе антарма пултарсан, хăйĕн татăклă сăмахне калама пултарать.

Китай Халăх Республикинче çăмăл промышленность аталанса пырать. Çĕнĕрен пир-авăр фабрикисем лартма кивĕ фабрикăсене пысăклатма правительство укçа нумай уйăрса парать. Халăх палли пир-авăр тĕртекен фабрикăсенче çĕнĕ техника вырнаçтарса лартаççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: государствăн Шанхайри пир-авăр комбиначĕн малта пыракан цехĕнче.

СИНЬХУА АГЕНТСТВИН фотоӳкерчĕкĕ.

## ООН Генеральнăй Ассамблейин пĕрлехи ларăвĕ

НЬЮ-ЙОРК, августăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). ООН Генеральнăй Ассамблейин паян ирхине пулса иртнĕ пĕрлехи ларăвĕнче Политикăлла комитет докладне пăхса тухнă. Комитет доклачĕ Корея ыйтăвĕ тăрăх политикăлла конференци ирттересси çинчен резолюци йышăнма сĕнет. Ку резолюцие унччен Политикăлла комитетра йышăннă пулнă. Генеральнăй Ассамблея председателĕ Пирсон: резолюцие сасăлама тытăниччен делегатсем Политикăлла комитет докладне сӳтсе явасшăн мар-и, тесе ыйтнă. Совет Союзĕн представителĕ А. Я. Вышинский доклада сӳтсе явма сĕнnĕ. Анчах ку сĕнĕве йышăнман. Сĕнĕве хирĕç 36 делегат сасăланă, 11 делегат доклада сӳтсе явассишĕн сасăланă. 12 делегат нихăш майлă та сасăламан.

Кун хыççăн председатель чылай делегацисем сасăлас пирки хăйсен шухăшне ăнлантарса парассишĕн пулни çинчен пĕлтернĕ.

Ку ыйту пирки Инди, Çĕнĕ Зеланди, США, Чехословаки, УССР, Польша представителĕсем тухса каланă.

Совет Союзĕн представителĕ А. Я. Вышинский 15 çĕршыв резолюцийĕ Корейăра перемири çинчен тунă килĕшĕвĕн 60-мĕш параграфĕн положенийĕсене хирĕç пынине палăртнă.

15 çĕршыв резолюцийĕн хăшпĕр авторĕсем, уйрăммăнах Англи, тенĕ Вышинский, политикăлла конференцие вăрçă вăрçакан енĕсене кăна хутшăнтарма пăхакан принципа хирĕçле резолюцисем тăратнă. Çакă вăл 15 çĕршыв резолюцийĕн авторĕсем те нумайăшĕ резолюцие килĕшменни çинчен калать. Совет делегацийĕ, тенĕ Вышинский, 15 çĕршыв резолюцине хирĕç сасăлать.

Сири представителĕ тухса каланă хыççăн, председатель 15 çĕршыв резолюцине сасăлама тăратнă. Генеральнăй Ассамблея политикăлла конференци йышĕ çинчен Совет Союзĕ çав резолюцие кĕртме сĕннĕ тӳрлетĕве йышăнман. Çак тӳрлетĕве хирĕç 40 сасă пулнă, ăна йышăнассишĕн 5 сасă пулнă. 11 делегаци нихăш майлă та сасăламан.

Кун хыççăн Эквадор тата Латинла Америкăри ытти çĕршывсем тăратнă тӳрлетĕве йышăннă. Ку тӳрлетӳ резолюцие пĕчĕк улшăнусем кăна кĕртет.

Кун хыççăн Генеральнăй Ассамблея 15 çĕршыв резолюцине йышăнать. Ăна майлă 43 сасă, хирĕç 5 сасă пулнă. 10 делегаци нихăш майлă та сасăламан.

Генеральнăй Ассамблея Совет Союзне политикăлла конференцие хутшăнтарасси çинчен резолюци йышăннă. Ку резолюци тăрăх, Совет Союзĕ конференци ĕçне «тепĕр енĕ килĕшет пулсан кăна» хутшăнма пултарать. Совет делегацийĕ ку резолюци пирки тӳрлетӳ панă, анчах ăна йышăнман. Çак резолюцишĕн 55 сасă панă, 1 сасă хирĕç пулнă, 1 делегаци нихăш майлă та сасăламан.

Генеральнăй Ассамблея 54 сасăпа (3 сасă хирĕç пулнă, 1 делегаци нихăш майлă та сасăламан), генеральнăй секретаре Китай Халăх Республикин центральнăй халăх правительствине тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительствине çиччĕмĕш сессийĕн ларăвĕсенче Корея ыйтăвĕ тăрăх йышăннă сĕнӳсем çинчен, çавăн пекех çак ыйтупа çыхăнса тăракан протоколсем çинчен пĕлтерме хушса, резолюци йышăннă.

Генеральнăй Ассамблея çак ыйту тăрăх Совет Союзĕ тăратнă резолюцие [illegible] ман. Ăна хирĕç 42 сасă, майлă 5 сасă пулнă. 12 делегаци нихăш майлă та сасăламан.

Çакăнпа лару хупăннă.

## ООН Генеральнăй Ассамблейин çиччĕмĕш сессийĕ хупăннă

НЬЮ-ЙОРК, августăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). ООН Генеральнăй Ассамблейин ĕнер кăнтăрла пулса иртнĕ пĕрлехи ларăвĕнче Корея ыйтăвĕ тăрăх политикăлла конференцине йĕркелесси çинчен тăратнă резолюцишĕн мĕнле сăлтавпа сасăлани çинчен делегатсем малалла тухса каланă. Кун хыççăн Генеральнăй Ассамблея резолюцие сӳтсе явма тытăннă. Резолюцире Корейăра перемири тунă кăмăллă ĕç пулни çинчен каланă хыççăн, Корейăри агрессие хутшăннă Ли Сын Ман çарĕсемпе «Пĕрлешнĕ нацисен çарĕсене» мухтаса çырнă.

Резолюци майлă пулса Америка, Австрали тата ытти чылай çĕршывсен делегачĕсем тухса каланă.

Совет Союзĕн представителĕ А. Я. Вышинский çак резолюцин чăн-чăн пĕлтерĕшне уçса палăртнă. Çакă вăл, тенĕ Вышинский, Корейăри агрессорсене мухтава кăларма тăни тата историе пăсса кăтартма тăви пулать. Çак резолюцире, тенĕ А. Я. Вышинский, Совет Союзне, Корея халăхне тата Китай Халăх Республикине хирĕç тăшманла каланă вырăн пур. Çак резолюци Пĕрлешнĕ нацисене тивĕçлĕ мар, çавăнпа та Совет Союзĕ ăна хирĕç сасăлать. А. Я. Вышинский çакна кăтартса панă: резолюци суя сăмахсене ĕмĕрлĕхе çирĕплетсе хăварма пăхать. Анчах çав суя сăмахсене Совет Союзĕ тахçанах, 1950 çултан пуçласа тăратнă документсемпе сирсе янă. Вăл документсем Корейăри вăрçăшăн ют çĕршыв интервенчĕсемпе Кăнтăр Корейăри Ли Сын Ман правительстви ответлă пулнине уççăн кăтартса параççĕ.

Польша представителĕ Нашковский Совет Союзĕн делегачĕ каланине ырланă.

Чехословаки представительници Секанинова çапла каланă: çакăнта сĕнекен резолюци вăл ООН Уставне йышăннă çĕршывсем хăйсем илнĕ чаплă обязательствăсене пурнăçламаннине пĕлтерет. Секанинова çакна кăтартса панă: Корейăра юн юхтарассине пĕтерсе лартас тесе, вăрçă ĕçĕсене чарса лартма Совет Союзĕ пĕр хут кăна мар чĕнnĕ.

Секанинова çапла каланă: пĕтĕм тĕнчери мире юрататакан миллионшар çынсем Корейăри вăрçăшăн кам ответлă пулни çинчен нимĕн те иккĕленмеççĕ. Вăл, тĕрĕссипе илсен, Пĕрлешӳллĕ Штатсем Корея халăхне хирĕç вăрçнă вăрçă пулнă. Секанинова ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăхшăн, интервентсен агрессине хирĕç кĕрешнĕ Корея халăхĕн паттăрлăхне тивĕçлипе хакланă.

Асăннă резолюцие 52 сасăпа йышăннă. 5 сасă хирĕç пулнă.

Çакăн хыççăн председатель Пирсон Генеральнăй Ассамблейăн çиччĕмĕш сессийĕ хăйĕн ĕçне вĕçлени çинчен пĕлтернĕ.

### *США-ра компартин икĕ руководительне арестленĕ*

НЬЮ-ЙОРК, августăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин Вашингтонри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, охранка агенчĕсем США-ри компартин икĕ руководительне: Роберт Томпсона тата Сидней Стейнберга арестленĕ. Вĕсем унччен Калифорни штатĕнчи Сонора çывăхĕнчи Сьерра Невада тăвĕсем çинче пытанса пурăннă пулнă.

Корреспондент пĕлтернĕ тăрăх, охранка начальникĕ Гувер хăйĕн агенчĕсем çавăн пекех тата икĕ арçынпа икĕ хĕрарăма компарти руководителĕсене «пытăрса усранăшăн» арестлени çинчен каласа панă.

## Ньясаленди лару-тăру

ПАРИЖ, августăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Лондонран пĕлтернĕ тăрăх, Англин колонисен министерствин представителĕ Англин правительстви Ньясалендра (Англин Африкăри колонийĕ) пулса иртекен ĕçсене питĕ тимлĕн асăрхаса тăни çинчен каласа панă. Англи правительстви хăвăрт сарăлса пыракан пăлхава чарса лартма Кăнтăр Родезирен Чоло районне çарсем илсе пыма хатĕрленет.

Ньясалендра восстани вырăнти халăх, Ньясаленда Сурçĕр тата Кăнтăр Родезипе пĕрле Кăнтăр Африка федерацине кĕртесрен шикленсе, пуçланă.

## Районти хаçатсем пĕлтереççĕ

### ИЛЬИЧ ЛАМПОЧКИСЕМ ÇУТАЛЧĔÇ

Юлашки çулсен хушшинче Сурăм шывĕ çинче чылай гидроэлектростанцисем ӳссе ларчĕç. Пĕрлешсе пысăкланнă Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра кăçал электростанци тунă çĕрте колхозниксем вăйă шеллемесĕр ĕçлерĕç. Çак кунсенче электростанцие туса пĕтерсе ĕçе ячĕç. Халĕ колхозри обществăлла çуртсене, колхозниксен килĕсене Ильич лампочкисем çутатаççĕ. Электричество вăйĕпе авăн çапаççĕ, тырă тасатаççĕ.

«КОЛХОЗ ХАÇАЧĔ».

Элĕк.

### ÇИРĔМ ÇУЛ ПĔР ĔÇРЕ

Сĕнтĕрвăррин поликлиникин пĕр кабинечĕн алăкĕ çинче «Регистратура» тесе çырса хуни курăнать. Кунта шурă халат тăхăннă, чирлĕ çынсен хушамачĕсене çыракан Лидия Петровна Краснована яланах курма пулать. Нумаях пулмасть вăл пĕр улшăнмасăр çав ĕçре ĕçлеме пуçланăранпа 20 çул тултарчĕ.

Ватăлнине пăхмасăр Лидия Петровна яланах хастарлăн ĕçлет тата савăнăçлă. Ĕçе тимлĕ туни, кашни чирлĕ çын çине тимлĕн те ăшă кăмăлпа пăхни,—çавсемпе палăрса тăрать халăх сывлăхне упрас ĕçре ывăнма пĕлмесĕр тăрăшакан Лидия Петровна Краснова.

«ЛЕНИН ЯЛАВĔПЕ».

Сĕнтĕрвăрри.

### ИТЕМ ÇИНЧЕ РАДИО КАЛАÇАТЬ

Вăрман Кипекри Куйбышев ячĕпе тăракан колхозра авăн çапакан колхозниксем кану вăхăтне культурăлла ирттереççĕ. Итем çине «Родина» радиоприемник вырнаçтарса лартнă. Колхозниксем каннă вăхăтра радиопа Мускавран тата Шупашкартан паракан хыпарсене итлеççĕ.

«ВАЙЛА ТЫРПУЛШĂН».

Шăхасан.

## Культура таварĕсем туянаççĕ

КОМСОМОЛЬСКИ. Районти культура таварĕсем сутмалли магазинта яланах халăх нумай. Таварсем илме ĕçсыннисем питĕ нумай килеççĕ. Авă çамрăк колхозницăпа ялти учительница патефон пластинкисем суйлаççĕ, шкул ачисем вĕренмелли хатĕрсем илеççĕ, районĕпех паллă садовод кĕнекесем илнĕ, ик-виçĕ çын пианино умĕнче тăраççĕ.

Продавец патне шурă сухаллă старик пырса тăрать.

— Колхозран килтĕм,— тет вăл,— мăнук купăс илсе пар теме пуçларĕ. Илсе парас пуль.

Ватă колхозника ик-виçĕ тĕслĕ хут купăс илсе кăтартаççĕ.

Старик вĕсене кăмăллăн тыткаласа пăхать. Илемне, çирĕплĕхне пăхать, сассине тĕрĕслет. Килĕшет. Лайăх купăссем.

— Аван купăссем, нимĕн те калаймăн,— тет вăл.

Культура таварĕсем сутмалли магазинтан тавар илекенсен шучĕ ӳссе пырать.

Август уйăхĕнче магазинăн план тăрăх 30 пин тенкĕлĕх тавар сутмалла пулнă пулсан, августăн 25-мĕшĕ тĕлне 35 пин тенкĕлĕх сутнă. Çур уйăх хушшинче магазин 5 велосипед, 24 комплект радиопитани, радиоприемниксем—25 сутнă.

— Кăçал уйрăммăнах велосипед нумай илеççĕ. Çĕнĕ çултанпа 150 велосипед яхăн сутнă,— тет магазин заведующийĕ Р. Буланкова юлташ.

Л. ТАЛЛЕРОВ.

### ЗАВОДРИ КАÇХИ ТЕХНИКУМ

КАНАШ. Сентябрĕн 1-мĕшĕнче вагонсем юсакан заводра каçхи техникум ĕçлеме пуçлать. Техникумра вĕренме илмелли экзаменсем вĕçленчĕç. Техниксемпе механиксем вĕрентсе хатĕрлекен уйрăма 60 çын вĕренме илнĕ. Вĕсем хушшинче вагонсем юсакан заводри тата чугун çул узелĕнчи рабочисемпе работницăсем нумай.

В. АЛЕКСЕЕВ.

## Пионер лагерĕсенче ултă пин ача пулнă

Шкул ачисен çуллахи каникулĕ вĕçленчĕ. Вĕсем сентябрĕн 1-мĕшĕнче вĕренме тытăнчĕç. Кăçал пирĕн республикăри шкул ачисем çуллахи каникула лайăх ирттерчĕç. Походсемпе экскурсисенче пулчĕç, пионер лагерĕсенче хăйсен сывлăхĕсене тĕреклетрĕç.

Кăçал профсоюз организацийĕсен вăйĕпе усă пионер лагерĕсенче 6.500 ача канса сывлăхĕсене тĕреклетнĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ БГТО, ГТО значок нормисене панă.

А. АЛЕКСЕЕВ.

Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.

### КИНО

«РОДИНА» — сентябрĕн 1-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Мои университеты», 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче кинокомеди «Три товарища».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-61, совет строительстви пайĕ—3-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-22.

НТ 09332

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Тираж 20.000 экз.